ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Март 9 ЭРНЕКУН № 50 (9729) Хакĕ 20 пус 39-мĕш çул тухать.

## ПАЯНХИ НОМЕРТЕ:



# Совет Союзĕнчи работницăсене, колхозницăсене, наука, техника, çутĕç, культура тата сывлăх деятелĕсене, мĕнпур хĕрарăмсене!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ совет хĕрарăмĕсене Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунĕ—мартăн 8-мĕшĕ ячĕпе саламлать тата хĕрӳллĕн ырă сунать.

Кăçал пирĕн социализмлă Тăван çĕршыври ĕçсыннисем Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн историлле решенийĕсем пĕтĕм халăхăн политикăлла тата ĕçри активлăхне ӳстерне тапхăрта уявлаççĕ.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ Совет Союзĕн экономикипе культурине малалла хăватлăн аталантармалли, халăхăн пурнăçне лайăхлатмалли пысăк программа кăларса тăратрĕ. Съезд решенийĕсенче ĕçсыннисен ырлăхĕшĕн хытă тăрăшни, пирĕн халăхăн икеĕлми творчествăлла вăйĕсене тарăннăн ĕненсе тăни курăнать. Халăхăн пултарулăхĕ аслă ĕçĕ, совет строй капитализм стройĕнчен малта тăни социализмăн капитализмăн экономикăри мирлĕ кĕрешĕвĕнче социализм тăтăлăнах çĕнтермелли условисем пулса тăраççĕ. Совет çыннисем съезд решенийĕсенче ленинизм ялавĕпе пирĕн çĕршыва шанчăклăн коммунизм патне илсе пыракан партин коллективлă ăслăлăхĕ палăрнине кураççĕ.

Халăх хуçалăхĕпе социализмла культурăна хăватлăн çĕклес тĕллĕвпе партин XX съезчĕ палăртнă программăна пурнăçа кĕртни социализм обществине этемлĕх историйĕнче пĕрремĕш хут хĕрарăма чăн-чăн ирĕклĕх, арçынпа пĕр тан правăсем панă тата производство, общество, наука тата культура пурнăçĕн мĕнпур отраслĕсене творчествăлла хутшăнма пысăк майсем туса панă обществăна малалла аталантарас ĕçре çĕнĕрен пысăк утăм туни пулать.

Совет обществинче хĕрарăмсем коммунизм строительствин активлă участникĕсем пулса тăраççĕ. Социализм строй пирĕн Тăван çĕршывăн мухтавлă хĕрĕсене хăйсен икеĕлми вăй-хăватне, пуçарулăхне, пултарулăхĕпе талантĕсене туллин палăртма условисем туса пачĕ. Миллионшар хĕрарăмсем, пĕтĕм халăхпа пĕрле, фабрикăсенче, заводсенче, транспортра, колхозсенче, совхозсенче, МТС-сенче, шкулсемпе институтсенче ĕçлесе калама çук пысăк материальнăй тата ăс-тăн пуянлăхĕ тăваççĕ, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн мăнна пĕлмесĕр кĕрешеççĕ, промышленность тата ялхуçалăх продукцийĕ туса кăларассине пĕр вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыраççĕ, ача амăшĕсем—çитĕнсе пыракан ăрăва воспитани паракансем хисеплĕ тивĕçне пурнăçлаççĕ.

Пирĕн çĕршывра хĕрарăмсене аслă шкулсенче, наука, культура, сутĕç учрежденийĕсенче вĕренме тата ĕçлеме пысăк майсем туса панă. ССР Союзĕнче аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă мĕнпур специалистсенчен 53 процентĕ, врачсенчен—76 процентĕ, учительсенчен—70 процентĕ, наука, вĕренӳ, культура, сутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекенсенчен—67 процентĕ ытла хĕрарăмсем, 10 пин хĕрарăмăн ялăн ученăй степеньсемпе званисем пур. Çакăнпа совет çыннисем тивĕçлипех мухтанаççĕ.

Аслă Ленин хушса хăварнисене пурнăçласа, совет хĕрарăмĕсем государствăн мĕнпур ĕçĕсене активлă хутшăнаççĕ. Вуншар пин совет хĕрарăмĕсем социализмла предприятисене, учрежденисене тата обществăлла организацисене ертсе пыраççĕ. Хĕрарăмсен промышленноçри, ялхуçалăхĕнчи, наукăри, культурăри тата сывлăха сыхлас ĕçри тава тивĕçлĕ ĕçне совет халăхĕ ырласа йышăнать. Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви пысăка хурса хаклаççĕ. Совет хĕрарăмĕсене—коммунизм строителĕсен çитĕнсе пыракан ăрăвне чунтан-чĕререн юратса воспитани паракан ача амăшĕсене пирĕн халăх чĕререн пысăк спасибо калать.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ панă Директивăсенче рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине 30 процент, колхозниксен тупăшĕсене 40 процент ӳстерме, 7 сехетлĕ ĕç кунĕ çине куçма палăртнине пĕрлех, хĕрарăмсен—ача амăшĕсен ĕçне, йăла условийĕсене малалла лайăхлатас тĕллĕвпе пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртнă. Хĕрарăмсене йывăр çын пулнă вăхăтра тата ача суратма паракан отпускене пысăклатаççĕ, ача суратмалли суртсем, ача консультацийĕсем, сĕт кухнисем, яслисемпе садсем нумай тăваççĕ. Шкул-интернатсем тăваççĕ, столовăйсен хисепне ӳстереççĕ, апат-çимĕç сурма фабрикачĕсемпе йăла ыйтăвĕсене тивĕçтермелли машинăсен туса кăларассине ӳстереççĕ.

Совет Союзĕнчи хĕрарăмсен пурнăçĕ пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсемшĕн ырă тĕслĕх пулса тăрать, вĕсем çынна çын эксплуатацилеснне, класлă тата нацилле пусмăрлăха пĕтерсен кăна, социализм стройĕн условийĕсенче кăна хĕрарăма чăннипех пусмăртан хăтарма май пуррине кураççĕ. Çакăн çинчен Европăра тата Азире мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсен опычĕ те калать. Çав çĕршывсенче хĕрарăма чăннипех пĕр танлăх парас тĕлĕшпе вунă çул хушшинче буржуаллă демократийĕн условийĕсенче çĕр çул хушшинче тунă ĕçсенчен калама çук нумайрах ĕçсем туса ирттернĕ.

Пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсен кунне—мартăн 8-мĕшне капитализм çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем урăхла условисенче ирттерсе иртерççĕ. Империалистсен паллă ушкăнĕсем васкаса хĕçпăшалланас политика тытса пыни, агрессилле çар блокĕсем туни тата çавна пула налогсем ӳсни, тавар хакĕсем пысăкланни, рабочисен ĕçне йывăрлатни, ĕçсĕрлĕх тăтăш ӳссе пыни ĕçсынни массисен, уйрăмах хĕрарăмсен пурнăçне йывăррăн пырса тивет.

Капитализм çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем миршĕн тата халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн, агрессилле вăйсем çĕнĕ вăрçă пуçарас тĕллевпе тытса пыракан политикăна хирĕç активлăрах та активлăрах кĕрешеççĕ. Капитализм çĕршывĕсенчи хĕрарăмсем социализм лагерьне кĕрекен çĕршывсенчи хĕрарăмсемпе пĕрле атомлă, термоядернăй тата çынсене массăллăн пĕтермелли ытти йышши хĕçпăшалсене чарса лартма, яланхи хĕçпăшала чакарма, мĕнпур çĕршывсем мирлĕн килĕштерсе ĕçлессине сарса тата çирĕплетсе пыма хушаççĕ. Мĕнпур çĕршывсенчи хĕрарăмсен демократилле юхăмне Совет Союзĕнчи тата халăх демократи çĕршывĕсенчи хĕрарăмсен моральлĕ пулăшу параççĕ. Совет Союзĕн, аслă Китайăн тата социализмла туслăхăн ытти çĕршывĕсен хĕрарăмĕсем, хăйсен сипĕнкĕсемпе пĕтĕм тĕнчери хĕрарăмсене хавхалантараççĕ, социальнăй тата нацилле пусмăрлăхăн пур тĕрлĕ формисене хирĕç пыракан кĕрешӳре вăй парса тăраççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ мартăн 8-мĕшĕ—уяв кунĕ ячĕпе совет хĕрарăмĕсене КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсене пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре, государствăн нумай енлĕ ĕçĕнче, производствăра, наукăпа культура ĕçĕнче, ачасене—хамăрăн çамрăк ăрăва воспитани парас ĕçре малалла çĕнĕ çитĕнӳсем тума ырă сунать.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ çакна çирĕп шанса тăрать: совет хĕрарăмĕсем, пĕтĕм халăхпа пĕрле, хăйсен хастарлă ĕçĕпе малашне те советлă социализмла государствăн хăватне тĕреклетĕç, хамăрăн Тăван çĕршыв пуянлăхне ӳстерĕç, тĕнчери мĕнпур тевлашулă ыйтусене мирлĕ майпа татса парассишĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн, мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисем хушшинчи интернационаллă çыхăнусене çирĕплетессишĕн, мир, демократи тата социализм аслă ĕçĕ ялан лăхах çĕнтермелле тăвассишĕн пыракан пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи хĕрарăмсен кĕрешĕвĕн малти ретĕнче пулĕç.

Совет хĕрарăмĕсене—коммунизмăн активлă строителĕсене мухтав!

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн
Центральнăй Комитечĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĕ

### РАБОЧИСЕМПЕ СЛУЖАЩИСЕМ ВАЛЛИ КАНМАЛЛИ КУНСЕМ ТАТА ПРАÇНИКСЕМ УМĔНХИ КУНСЕНЧЕ ĔÇ КУННЕ КĔСКЕТЕССИ ÇИНЧЕН

1956 çулхи мартăн 10-мĕшĕнчен пуçласа предприятисенче, учрежденисенче тата организацисенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем валли канмалли кунсем тата праçниксем умĕнхи кунсенче яланхинчен икĕ сехет кĕскетнĕ ĕç кунĕ, урăхла каласан 6 сехетлĕ ĕç кунĕ тăвас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль. 1956 çулхи мартăн 8-мĕшĕ.

# Совет Союзĕпе Дани пĕлтерни

Совет Союзĕн Правительстви чĕннипе Дани Премьер-Министрĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Х. К. Хансен 1956 çулхи мартăн 2-мĕшĕпе 6-мĕшĕ хушшинче Мускавра пулчĕ.

Премьер-Министр Х. К. Хансен тата унпа пĕрле пулнă Çутĕç Министрĕ Юлиус Бомхольт Мускавра Совет Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕпе Н. А. Булганинпа, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн членĕпе, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕпе Н. С. Хрущевпа, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕпе, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕпе В. М. Молотовпа, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕпе А. И. Микоянпа, çавăн пекех тата Совет Союзĕн ытти ертсе пыракан деятелĕсемпе калаçнă.

Ку калаçусене Дани енчен çаксем хутшăннă: Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Нильс Свеннингсен, Данин Мускаври Посолĕ Алекс Мĕрх, Данин Белградри Посланникĕ Рольф Кьер, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Пичет пайĕн заведующийĕ Сигвальд Кристенсен, Мускаври Посольствăн советникĕ Грегерс Ларсен, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин ответлă сотрудникĕ Х. К. Тране, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин ответлă сотрудникĕ Ханс С. Мĕллер, Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин секретарĕ Бьорн Олсен.

Совет Союзĕ енчен калаçусене çаксем хутшăннă: СССР Тулашри Суту-илӳ Министрĕ И. Г. Кабанов, СССР Культура Министрĕ Н. А. Михайлов, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. С. Семенов, ССР Союзĕн Данири Посолĕ Н. В. Славин, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинаври çĕршывсен енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов, ССР Союзĕн Данири Посольствин советникĕ А. С. Капалин.

Çак калаçусене пĕр-пĕрне туслăн ăнланса лару-тăрура ирттернĕ. Калаçусем вăхăтĕнче Данипе Совет Союзĕ хушшинчи хутшăнусемшĕн интереслĕ ыйтусем тĕрĕх хăйсен шухăшĕсене пĕр-пĕрне уçăн калаçса панă.

Икĕ енĕ те çакна палăртнă: икĕ çĕршыв хушшинче пĕр-пĕрипе туслă çыхăнусем тытма чăрмантаракан ыйтусем çук, икĕ çĕршыв хушшинчи хальхи ырă кӳршĕллĕ çыхăнусене малалла аталантарма кирли çинчен каланă.

Икĕ çĕршыв хушшинчи экономикăлла çыхăнусем çинчен тĕплĕн сӳтсе явнă. Суту-илӳ халăхсем пĕр-пĕрне ăнланса илессине аталантарма пулăшакан чи лайăх майсенчен пĕри пулнипе икĕ енĕ те килĕшнĕ.

Икĕ енĕ çакăн пирки калаçса татăлнă: икĕ çул хушшинче пĕр-пĕрне мĕнле таварсем тăратасси çинчен протокол çырса алă пусас шутпа çывăх вăхăтрах Копенгагенра суту-илӳ калаçăвĕсем пулаççĕ. Унта çырса алă пуснă протокол тăрăх Дани енĕ Совет Союзне танкер е, ăна туса пама май килмесен, груз турттармалли икĕ тинĕс карапĕ туса пама хатĕр пулни çинчен пĕлтернĕ. Çавсенчен кашни 10 пин тонна груз вырнаçакан тата сехет хушшинче 17—18 миль каякан карапсем пулмалла.

Премьер-Министр тата Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕ Х. К. Хансен Мускавра пулнă чухне Данипе Совет Союзĕ хушшинче Балти тинĕсĕ çинче çынсене çăласси çинчен Килĕшӳ тунă. Килĕшӳ çине Дани енчен—Премьер-Министр тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Х. К. Хансен, Совет Союзĕ енчен СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин алă пуснă. Килĕшӳре Балти тинĕсĕ çинче карапсен çĕмĕрĕлсен тата ытти çавăн пек инкек килсе тухсан хăвăрт пулăшмалли çинчен, çухалнă е инкеке лекнĕ пултарнă судносемпе самолетсене шырса тупма пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен каланă.

Калаçусем вăхăтĕнче Совет Союзĕпе Дани хушшинчи культурăллă çыхăнусем юлашки вăхăтра ăнăçлă аталанса пынине палăртнă.

Çакăн пирки калаçса татăлнă: наука, искусство тата халăха вĕрентес ĕç енĕпе культурăлла çыхăнусене, килĕштерсе ĕçлессине анлă сарни икĕ çĕршыв хушшинче пĕр-пĕрне ăнланса илессине çирĕплетме пулăшать. СССР Культура Министрĕпе Н. А. Михайловпа Дани Çутĕç Министрĕ Ю. Бомхольт хушшинче пулнă калаçусем вăхăтĕнче чылай ыйтусене кирлĕ пек татса пама май тупнă. Çапла вара, Данипе Совет Союзĕ пĕр-пĕрин çĕршывĕсенче вĕренме студентсем ярасси çинчен калаçса татăлнă; кашни енĕн тепĕр çĕршывăн аслă шкулĕн профессорĕсемпе представителĕсене наукăлла ĕç тумашкăн е лекци вуламашкăн чĕнме кирлине шута илнĕ; наука енĕпе пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлессине анлă сарма палăртнă.

Калаçăва хутшăннă енĕсем икĕ çĕршыв хушшинчи туризма аталантарăç ĕçре пулăшма килĕшнĕ.

Çакăн çинчен калаçса татăлнă: Балти тăрăхĕнчи республикăсем Совет Союзне кĕнĕ май тухса тăнă хăшпĕр претензисене тивĕçтермелле тăвассине йĕркелес тĕлĕшпе калаçса татăлма çывăх вăхăтрах Копенгагенра Данипе Совет Союзĕ хушшинчи калаçусем пулса иртмелле.

Дани Премьер-Министрĕ Данин вăрçă вăхăтĕнчен пуçласа кунта пурăннă гражданĕсене Совет Союзĕнчен Данине кайма ирĕк парасси çинчен ыйту хускатнă. Совет Союзĕ енчен çав гражданĕсене пурне те, вĕсем хăйсем Совет Союзĕнчен каясшăн пулсан, вунтан кайма ирĕк пама хатĕр пулни çинчен каланă.

Пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллашнă чухне икĕ çĕршыв малашнехи вăхăтри мĕнле ĕçсем енĕпе татах та тачăрах çыхăну тытма пултарасси çинчен тăракан ыйтăва сӳтсе явнă. Çавăн чухне пĕр-пĕрин патне кайса çӳренине тӳррĕмĕнех çыхăну тытассине аталантарни пĕлтерĕшĕ пысăк пулассине пĕр шухăшлă пулса йышăннă.

Çавăн пекех тата алă мĕн пирки калаçса татăлнă: икĕ çĕршыв хушшинче парламентсен делегацийĕсене пĕр-пĕрин патне яни Данипе Совет Союзĕ пĕр-пĕрне тĕплĕн ăнланса илме пулăшас енĕпе тунă паха ĕç пулса тăрать.

Калаçусем вăхăтĕнче çакăн пирки килĕшнĕ: мĕнпур çĕршывсем хушшинчи çыхăнусене вăйлатни çĕршывсем пĕр-пĕрне ăнланса илессине аталантарма пысăк вăй хунине пĕлтерет, çакă вара çирĕп мир тумалли условисенчен пĕри пулса тăрать.

Калаçăва хутшăннă енĕсен çакăн пирки пĕтĕмпех килĕшнĕ: государствăсем хушшинчи хутшăнусем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕсен тĕп принципĕсемпе килĕшӳллĕн, пĕр-пĕрин шалти ĕçĕсене хутшăнмалла мар, пĕр-пĕрне тапăнмалла мар йĕрке, государствăсен суверенитетне хисеплес тата мирлĕн килĕштерсе ĕçлес йĕрке тăрăх пулса пымалла.

Калаçăва хутшăннă енĕсем тĕнчери çĕршывсем хушшинчи хальхи вăхăтри пысăк ыйтусенĕ — мĕнпур халăхсемшĕн шанчăклă хăрушсăрлăх туса хурас, васкасах хĕçпăшалланассине чарса лартас, государствăсем хушшинчи хутшăнусенче пĕр-пĕрне кирлĕ пек шанмалла тăвас ыйтусене—татса памалли майсене тупас енĕпе тăрăшса ĕçлеме шутланине палăртнă.

Политика енĕпе пĕтĕмĕшле ыйтусем тăрăх пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллаштарнă. Пĕр-пĕрин шухăшĕсем ăрасна пулсан та, çавăн чухне кашни енĕ тепĕр енĕн шухăшĕсене тĕплĕн ăнланса илнĕ, çакă вара, нимĕн иккĕленмелли те çук, Данипе Совет Союзĕ хушшинчи ырă кӳршĕллĕ хутшăнусене аталантарма пулăшĕ. Çакна май икĕ енĕ те тĕнчери çĕршывсем мирлĕн килĕштерсе ĕçлессине аталантарнипе тĕнчери лару-тăрăва малалла çăмăллатса пыма мĕн вăй çитнĕ таран пулăшма тăрăшасси çинчен пĕлтернĕ.

Мускавра пулнă хыççăн Премьер-Министр тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Х. К. Хансенпа унăн арăмĕ тата Çутĕç Министрĕ Юлиус Бомхольтпа унăн арăмĕ, хăйсемпе çӳрекен çынсемпе пĕрле, темиçе кун хушши Совет Союзĕ тăрăх курса çӳреççĕ, çав шутра вĕсем Киевра, Тбилисире, Сталинградра, Ленинградра пулаççĕ. Данине 1956 çулхи мартăн 14-мĕшĕнче таврăнма палăртнă кунĕ.

## СОВЕТ СОЮЗĔПЕ ДАНИ ДОКУМЕНЧĔСЕМ ÇИНЕ АЛĂ ПУСНИ

Мартăн 6-мĕшĕнче Кремльти Пысăк Двореçра Совет Союзĕпе Дани докуменчĕсем çине алă пуснă.

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганинпа Дани Премьер-Министрĕ тата Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Х. К. Хансен Совет Союзĕпе Дани пĕлтерĕвĕн текстне çирĕплетнĕ.

Унтан Н. А. Булганинпа Х. К. Хансен Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Правительствипе Дани Правительстви Балти тинĕсĕ çинче çынсене çăлас ĕçре пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлесси çинчен тунă Килĕшӳ çине алă пуснă.

Совет Союзĕпе Дани докуменчĕсем çине алă пуснă çĕрте çаксем пулнă: Л. М. Каганович, Г. М. Маленков, А. И. Микоян, В. М. Молотов, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев, Г. К. Жуков, Д. Т. Шепилов, Е. А. Фурцева, А. Б. Аристов, Н. И. Беляев, П. Н. Поспелов, Тулашри суту-илӳ Министрĕ И. Г. Кабанов, СССР Культура Министрĕ Н. А. Михайлов, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен Министрĕн заместителĕ В. С. Семенов, ССР Союзĕн Данири Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Н. В. Славин, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Скандинаври çĕршывсем енĕпе ĕçлекен пайĕн заведующийĕ М. Г. Грибанов тата ытти официальнăй çынсем.

Дани енчен çаксем пулнă: Сутĕç Министрĕ Ю. Бомхольт, Данин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ А. Мĕрх, Данин Федеративлă Югослави Халăх Республикинчи Чрезвычайнăй Посланникĕ тата Полномочнăй Министрĕ Р. Кьер, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин генеральнăй секретарĕ Н. Свеннингсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин Пичет пайĕн заведующийĕ С. А. Кристенсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин секретарĕ Б. Ольсен, Дани Ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин экономика пайĕн ответлă сотрудникĕ Х. Э. Тране, Премьер-Министр секретарĕ Х. С. Мĕллер. (ТАСС).

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганинпа США Президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр пĕр-пĕрин патне çырусем яни

1955 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин США Президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр патне çыру янăччĕ. Унта США Президенчĕ тăратнă державă правительствисен пуçлăхĕсен Женеври канашлăвĕнче ССР Союзĕпе США пĕр-пĕрне çар информацийĕ парса тăрас тата икĕ çĕршыв пĕр-пĕрин территорийĕсене самолетсем çинчен ӳкерсе илес пирки сĕнӳ панă май хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе мĕн тума май килни çинчен каласа панăччĕ. Ку çырăва Совет Союзĕнчи хаçатсенче 1955 çулхи сентябрĕн 25-мĕшĕнче пичетлесе кăларнăччĕ.

Мартăн 5-мĕшĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин США-и ССР Союзĕнчи Посолне Чарльз Э. Болена йышăннă. Посол ăна США Президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕнче янă çырăва панă. Ку çыру Н. А. Булганин 1955 çулхи сентябрĕн 19-мĕшĕнче янă çыру çине панă ответ пулса тăрать.

Аларахра США Президенчĕ Дуайт Д. Эйзенхауэр янă çыру текстне пичетлесет:

### „Унăн Превосходительствине Николай А. Булганина СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне

Мускав
1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ.

Хисеплĕ Председатель господин,

Октябрĕн 11-мĕшĕнче Сирĕн пата янă çырура пĕлтернипе килĕшӳллĕн, эпĕ халĕ Эсир сентябрĕн 19-мĕшĕнче хĕçпăшалсăрланма пурте йышăнма юрăхлă система тăвас ыйту пирки янă çырăва тĕплĕн пăхса тухрăм. Ку ыйтăва эпир Женевăра сӳтсе явнăччĕ.

Сасартăк тапăнасран сыхланма пĕр-пĕрин валли гаранти тума кирлĕ, çавăн пекех пĕр-пĕрин хĕçпăшалĕсене чакарма кирлĕ тенипе Эсир килĕшнине эпĕ кăмăлласа палăртрăм. Тĕнчери çĕршывсем контроллесе тата инспекци туса тăрас ыйтăва йĕркелеме эпĕ тӳрĕ кăмăлпа тăрăшнине Эсир кăтартса паратăр.

Анчах та эпĕ Женевăра панă сĕнӳ пирки Эсир çак ыйтусене лартатăр пулас. Манăн сĕнĕве йышăнни хĕçпăшалсене чакарасси патне илсе çитерĕ-ши тесе ыйтатăр Эсир, ун пирки иккĕленсе калатăр. Эсир ытти çĕршывсенче те инспекци тума кирли çинчен калатăр. Эсир ядернăй хĕçпăшала пырса тивекен ытти ыйтусене те лартатăр. Эпĕ çакна шанса тăратăп: эпĕ Женевăра панă сĕнӳсене йышăнни тата Эсир сĕннĕ пек çĕр çинчи инспекци постĕсене туса хуни çасартăк тапăнас хăрушсăрлăха пĕчĕклетсе, чăнах та ĕнтĕ, хĕçпăшалсене чакарасси, йывăрлăх чакасси тата çирĕп мир малашлăхĕсем лайăхланасси патне илсе çитерĕ. Пĕрлешӳллĕ Штатсем çак тĕллевсене пурнăçлама пĕтĕмпех хатĕр. Манăн Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн подкомитетĕнчи представитель çак тĕллеве пирĕн правительствăсен тивĕçлĕ мерăсем йышăннине пурнăçламалли программăна хатĕрлес ĕçре пулăшма хатĕр пулĕ. Манăн шутăмпа, ядернăй хăрушлăха контроллесе тăрас тĕлĕшпе пирĕн уйрăмах тăрăшмалла. Ку тĕллеве пурнăçлас енĕпе пысăк утăм тăвас шутпа, пирĕн сывлăшри тата çĕр çинчи инспекци йĕрки чăнах та çителĕклĕ пулĕ тесе шутласа, Пĕрлешӳллĕ Штатсем, ытти государствăсемпе пĕрле, малашне пайланакан материалсем туса кăларнине иçта та хĕçпăшал запасĕсене ӳстерес ĕçре усă курмалла мар йĕрке тăвас тесе пурте йышăнма юрăхлă тата гарантиллĕ мерăсем палăртса хума хатĕр пулĕччĕç. Çакăнпа вара эпĕ 1953 çулхи декабрĕн 8-мĕшĕнче панă сĕнĕве çыхăнтарма пулĕччĕ. Ун чухне эпĕ ураннăн тата пайланакан материалсен хальхи запасĕсене тĕнчери тĕп çĕршывсен атом агентстви аллине пама, çапла вара «пĕрле вăй хума халех тытăнма тата ку ĕçе малашне те туса пыма» сĕннĕччĕ. Çак мерăсене кирлĕ пек пурнăçласан, ядернăй хĕçпăшала пĕрмаях нумайлатса пырас шухăш улшăннă пулĕччĕ. Манăн тĕп шанчăк çакăн пек: пайланакан материалсене тĕнчере пур çĕрте те мирлĕ ĕçсенче кăна усă курмалла тăвасчĕ.

Эпĕ сирĕн Правительствăна 1955 çулхи майăн 10-мĕшĕнче панă сĕнӳсенче палăртнă йывăрлăхсене шута илетĕп. Çав йывăрлăхсем тĕнчери çĕршывсен контролĕнчен пăрăнса юлма, атомлă тата водородлă хĕçпăшала вăрттăн туса кăларма май пур пирки тухса тăраççĕ. Контроллемелли йĕрке тума май килмесен, çакна пула хăрушлăхсем тухса тăрсан, пур пек йывăрлăхсене пĕтерме, гарантисен витĕмлĕ системине туса хатĕрлеме тата пурнăçлама кирлĕ пулать. Эпĕ çакна шанса тăратăп: икĕ енĕ те чăннипех тăрăшсан, çав ĕçре эпир çитĕнӳ тума пултаратпăр.

Эпĕ çапла шутлатăп: хĕçпăшалсăрланассине, тĕпрен илсен, çынсен составне чакарнипе мар, хĕçпăшалсене пĕтĕмпе пурнăçлама тăрăшас пулать. Иккĕмĕшне пĕрремĕшĕнчен ытларах сăнаса тăма, йĕркелеме тата контроллесе пыма пулать. Эпĕ çакна курса тăратăп: тĕнчери хальхи вăхăтри лару-тăрура, уйрăмах Инçет Хĕвелтухăçĕнче чăн-чăн мир çук пирки, хĕçпăшаллă вăйсен пĕтĕм шайне чакарасси çинчен калаçса татăлмашкăн йывăр пулма пултарать. Анчах та тĕп вырăнта тăракан хĕçпăшалсене контроллесе тата пӳлсе тăрассине сыхăннă мероприятисем çинчен, тивĕçлĕ гарантисем çинчен халех калаçса татăлма май пур пек туйăнать. Çав мероприятисем ку ĕçе хутшăнакан государствăсен валли хăрушсăрлăх туса хума кирлĕ пурне те пырса тивекен йĕркен уйрăмми пайĕ пулса тăмалла.

США тата СССР Пĕрлешӳллĕ Королевствăпа, Францийпе тата Канадăпа, Подкомитетри хамăрăн коллегăсемпе пĕрле тĕп килĕшӳ тума пултарсан, ытти государствăсем те хăйсем пĕтĕм тĕнчери мир ĕçĕшĕн усăллă тесе шутлакан мероприятисен çумне пĕрлешессине эпĕ шанса тăратăп. США çапла шутлать: интересленекен государствăсем килĕшсен, пирĕн икĕ çĕршывăн хăйсен чиккисен тулашĕнчи хĕçпăшаллă вăйĕсемпе средствисем тĕлĕшпе те пĕр-пĕрипе калаçса татăлса йышăннă сăнаса тăмалли йĕркене витĕмлĕн усă курма пулать.

Çакăн пек программăн малтанхи тапхăрĕсенче ССР Союзĕн те, çавăн пекех США-н те çавах пысăк çар вăйĕсем, çав шутра ядернăй хĕçпăшал запасĕсем те пулаççĕ. Эпĕ çакна уççăн кăтартса парасшăн: США çавăн пек вăйсене, халиччен пекех, агресси валли тата хăйне кăна интереслентерекен ĕçсем валли мар, çак тапхăрта пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва çирĕплетес ĕç валли тытса тăрĕ.

Эсир çак ыйту çине питĕ тимлĕ пăхни çинчен пĕлтернине эпĕ ырлатăп. Ку ыйту пирĕн икĕ государствăри тата тĕнчери ытти çĕршывсенчи халăхсемшĕн çав тери пысăк вырăн йышănса тăрать. Сире тата сирĕн çĕршыв халăхне çапла шантарса калама ирĕк парсамăр: Пĕрлешӳллĕ Штатсен тĕллевĕ, халиччен пекех, тĕрĕс тата нумай вăхăта пыракан мир тăвасси пулса тăрать. Эпĕ çакна шанса тăратăп: хĕçпăшалсăрланас тĕлĕшпе ĕçлекен Подкомитетăн пулас сессийĕ ку тĕллеве пурнăçлас ĕçре чăнах та малалла кайма май парĕ.

Çавăн пекех эпĕ январĕн 28-мĕшĕнче янă çыру çине Эсир февралĕн 1-мĕшĕнче ответлесе янă çырăва илни çинчен те пĕлтерессшĕн. Пĕтĕмĕшпе илсен, эпĕ çав çырура каласа панă пекех шухăшлатăп. Çапла пулсан та, пирĕн хушăри хутшăнусенче мĕнле те пулин усăллă çĕнĕ утăмсем тума май пуррине сирĕнне палăртас тесе, эпĕ ку ыйтăва малалла тĕпчесе вĕренĕп. Çак ыйту пирки калаçнă эпĕ Сирĕнпе, тен, татах çыхăнăп.

Сире чунтан хисеплесе,
Дуайт Д. Эйзенхауэр».

# Ĕмĕр манми кунсем

Тăван столица! Пĕр, хут мар пулнă эпĕ велă Мускавра. Кашничех вăл мана чунчĕререн савăнтарнă. Хальхи хутра тĕп хула мана нихçанхинчен те мăнаçлăрах, илемлĕрех пек туйăнчĕ.

Мана, пăравус машинистне, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съездĕнче пулма тӳрĕ килчĕ. Съездра пулни манăн, ытти делегатсем пекех, ĕмĕр манми событи пулса тăрать.

Эпĕ партипе правительство руководителĕсен, ют çĕршывсенчи коммунистсен тата рабочи партисен представителĕсен сăмахĕсене пысăк тимлĕхпе итлерĕм. Съездра пĕтĕмпе 55 çĕршыври коммунистсен тата рабочи партисен представителĕсем пулчĕç. Вĕсем пирĕн съезда тăванла саламлани делегатсем питех те ăшшăн кĕтсе илчĕç.

Парти XX съезчĕ пирĕн партин, пирĕн халăхăн историйĕнче питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче, съезд улттămĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсем çинчен тунă доклад тата съезд йышăннă решенисенче пирĕн çĕршыври коммунизм строительствин аслă програмине яр-уççăн кăтартса панă. Çав документсенче эпир пирĕн Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршыв хăватне тĕреклетессишĕн, ĕççыннисен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн, культурине ӳстерессишĕн ырми-канми тăрăшнине питĕ лайăх куратпăр.

Совет халăхĕ партин ленинла Центральнăй Комитечĕ тавра тачă çыхăнса тăни, пирĕн парти коллективлăн ертсе пырас ĕçе питех те тĕрĕс туса пыни съездра тепĕр хут вăйлăн палăрчĕ. Мана, ытти делегатсем пекех, съездра историллĕ пысăк ыйтусене тĕплĕн те, ĕçлĕн сӳтсе явни, çирĕп принципалăх пулни савăнтарчĕ. Съезд участникĕсем тухса каланă сăмахсенче пирĕн халăх Коммунистсен партийĕ тавра тачă çыхăнса тăни, хамăр çĕршывра коммунизм туса çитерес тĕлĕшпе ырми-канми ĕçлени питех те тĕплĕн палăрчĕ.

Партин XX съезчĕ халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те аталантарас, Тăван çĕршыв хăватне тĕреклетес, ĕççыннисен пурнăç условийĕсемпе культурине лайăхлатас тĕлĕшпе конкретлă программа палăртрĕ. Кунпа пĕрлех съезд хуçалăхпа культура строительствинчи çитменлĕхсене большевикла принципалăхпа уçса палăртрĕ. Сапла, сăмахран, Н. С. Хрущев юлташ хăйĕн отчетлă докладĕнче чугун çул, шыв тата автомобиль транспорчĕ партин XIX съезчĕ груз турттарас тата ытти ыйтусем ĕçсем тăвас енĕпе панă задание ăнăçлă пурнăçлани çинчен каланипе пĕрлех, чугун çул транспорчĕ техника тĕлĕшĕнчен юлса пынине, вăл, тĕпрен илсен, пăравуссемпе кăна ытларах ĕçленине палăртрĕ.

Пăравуссем экономика тĕлĕшĕнчен усă сахал пани, вĕсен усăллă ĕçе коэффициенчĕ 4—5 процент çеç пулни палăрчĕ. Электричество вăйĕпе çӳрекен электровозсен усăллă ĕçĕн коэффициенчĕ — 16—18 процент. Çапла вара, поездсене электричество вăйĕпе çӳретермелле туни чугун çул тăрăх грузсем ытларах та хăвăртрах турттарассине ӳстерме май парать, транспорта ĕçлеттермелли условисене лайăхлатать. Кунсăр пуçне тата электровозсене усă курсан пăравуссемпе ĕçленинчен 3—4 хут сахалтарах топливо пĕтет. Чугун çулсене çителĕксĕр электрификацилевĕшĕн, капитальнăй строительство валли укçа панă укçапа пĕçсе усă курманшăн, транспорта техника тĕлĕшĕнчен реконструкцилес ыйтусем çине кирлĕ пек пăхманшăн Н. С. Хрущев юлташ Çул-йĕр министерствин руководителĕсене тивĕçлипе критиклерĕ.

КПСС XX съезчĕ транспорт хайне çĕнĕ пилĕкçуллăхра пысăк ĕçсем тума палăртрĕ. Чи пысăк задачăсем çаксем пулаççĕ: чугун çул, шыв çулĕ, автомобиль тата сывлăш транспорчĕн техникăлла шайне малалла ӳстерсе пырса, чугун çулсене анлăн электрификацилесси тата транспорта кучухнехи çĕнĕ, чи лайăх локомотивсемпе, суднăсемпе, автомобильсемпе, самолетсемпе тата çул çӳремелли ытти машинăсемпе пуянлатмалла. Пилĕкçуллăхра чугун çулпа груз турттарассине кăна 42 процента яхăн ӳстермелле. Грузсене чугун çулпа илсе турттарассине пур майсемпе те чакарса пымалла, груз турттарма паракан хака йӳнетмелле.

Улттăмĕш пилĕк çул хушшинче пирĕн Канаш чугун çул уйрăмĕнче те пысăк улшăнусем пулса иртмелле. Çапла, станцири çулсене 14 километр тăршшĕ вăрăмлатмалла, стрелкăсене электроцентрализаци йĕркипе ĕçлеттерме тытăнмалла. Арзамаспа Канаш хушшинче тепловозсем çӳреме пуçламалла, Канашпа Агрыз хушшине иккĕмĕш лини хурса тухмалла. Çитес вăхăтрах Канашра ĕççыннисене чугун çул линийĕ урлă каçса çӳрессине лайăхлатас тĕлĕшпе линисем айĕне машинăсемпе çӳремелли туннель тата çуран каçса çӳреме ятарласа кĕпер туса тытăнмалла.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра туса палăртнă ĕçсен програми пире, совет çыннисене, ытларах вăй хурса ĕçлеме хавхалантарать. Эпир умра тăракан ответлă задачăсене лайăх туйса тăратпăр. Совет çыннисем пилĕк çуллăх план, ытти пилĕкçуллăхсем пекех, ăнăçлă пурнăçланасси пирĕн нимĕн чухлĕ те иккĕленмессĕ. Парти ăслăн ертсе пынипе эпир хамăр планăсене яланах чыслă пурнăçлассишĕн вăй шеллемесĕр кĕрешнĕ, çавăнпа çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ туса пынă.

Халĕ, съезд вĕсленнĕ хыççăн, совет халăхĕ тата тимлĕн ĕçе тытăнчĕ. Мĕнпур совет çыннисем пекех, пирĕн Канаш уйрăмĕнчи чугун çул работникĕсем те улттămĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулхи заданине срокчен тултарассишĕн социализмла ăмăртăва хутшăнчĕç. Паровозниксем ытларах груз турттарассишĕн, вагонниксемпе путеецсем поездсене пĕр чарăнмасăр çӳретессишĕн, ытларах груз турттарса пушатассишĕн кĕрешеççĕ. Депори вунăшар машинистсем кашни рейсра нормăран иртерсе çĕршер тонна груз турттарса тухаççĕ. Çапла, С. Черников, М. Николаев, С. Николаев, Н. Пичиков машинистсем февраль уйăхĕнче кăна нормăран иртерсе ăнăшар пин тонна груз турттарчĕç. Депо коллективĕ кашни уйăхрах грузсем турттармалли плана иртерсе тултарать.

Эпĕ, съезд умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, кăçал нормăран иртерсе 30 пин тонна груз турттарма, çĕр километр пилĕк процент перекетлеме, техникăлла хăвăртлăха икĕ километр ӳстерме, халăхра нормăла палăртнинчен поезд каçса çӳрессине 50 километр хăвăртлатма обязательство илнĕччĕ. Халĕ тепĕр хут тĕплĕн шухăшласа пăхрăм та, пысăкрах обязательство илтĕм. Çулталăк хушшинче нормăран иртерсе 30 пин тонна мар, 40 пин тонна груз турттарса тухма, поезда яланах лайăх тытса тăрса йĕркеллĕ ĕçлеттерме пулатăп.

Партин XX съезчĕ совет халăхне коммунизм çулĕпе малалла каймалли програмăпа хĕçпăшалантарчĕ. Улттămĕш пилĕк çуллăх планра палăртнă задачăсем чăннипех пысăк. Анчах вĕсене чыслăн пурнăçлама пирĕн вăй çителĕклĕ. Аслă парти ертсе пынипе эпир телейлĕ те туллăх пурнăç—коммунизм патнелле хăюллăн утса пыратпăр.

П. НАЗАРОВ.

Канаш депоĕнчи асăл машинист, КПСС XX-мĕш съезчĕн делегачĕ.

Ӳкерчĕк çинче: Канаш районĕнчи чи лайăх киномеханик О. Васильева юлташ. Вăл иртнĕ çул кино кăтартмалли плана сеанссем тăрăх 105 процент, халăха кино курма хутшăнтарас енĕпе 160 процент, кино кăтартса укçа-тенкĕ пухас енĕпе 176 процент тултарнă. Ăна ВЛКСМ Чăваш обкомĕн куçса çӳрекен вымпелне панă.

С. Гущин фотоӳкерчĕкĕ.

## Колхозниксен культурлăхĕ ӳсет

СĔНТĔР. Калайкасси ял Советне кĕрекен «Коммунизм» тата «Гигант» колхозсен уй-хиртен тата выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăшĕсем çулленех ӳссе пыраççĕ. Çавна май колхозниксем пуян та культурăллă пурăнма пуçларĕç. «Коммунизм» колхозри колхозниксен килĕсене тата общественнăй çуртсене электричество кĕртнĕ, çĕнĕ гараж, конюхсем валли икĕ общежити, ферма работникĕсем валли çĕнĕ çурт туса лартнă. Икĕ çул хушши ĕнтĕ колхозниксем валли çуртсем лартма икĕ автомашинăпа йывăç турттараççĕ. Колхоз ĕçченĕсем хăйсен пушă вăхăтне вулав çуртĕнче ирттереççĕ. Унта кино, лекцисем, докладсем, калаçусем час-часах пулаççĕ. Колхоз киноаппарат илме задаток панă.

«Гигант» колхозра та ялти библиотека тата фельдшер пункчĕ валли кăçал çĕнĕ çуртсем лартаççĕ.

Библиотекăра 4.000 кĕнеке. Иксĕр ытла колхозник кĕнекесем илсе вулать. Иртнĕ çул вырăс тата чăваш совет писателĕсем, вырăс литератури классикĕсем çырнă кĕнекесене 2.040 çын илсе вуланă. Фермăсенче куçса çӳрекен тăватă библиотека ĕçлет.

«Гигант» колхозри 14 колхозник В. И. Ленин биографине вĕренет, 20 колхозник агро-зоотехника курсне çӳрет.

Икĕ колхозра та магазинсем уçнă, вĕсенче колхозник çемйисем солотсем, велосипедсем, самоварсем, пусма-тавар тата ытти кирлĕ япаласем туянаççĕ.

С. ГОРБАНОВ.

### Ферма тупăшĕ

ВĂРМАР. Ленин ячĕпе тăракан колхозри чăх-чĕп ферми—артель хуçалăхĕн пысăк тупăш паракан отраслĕсенчен пĕри. 1955 çулта ку ферма 43.100 тенкĕ тупăш панă.

О. Петровăпа А. Григорьева птичницăсем чăхсене хĕллехи вăхăтра уйрăмах лайăх пăхаççĕ, çирĕп рацион тăрăх тăрантараççĕ. Рационра концентратсемсĕр пуçне, витаминлă апатсем те чылай. Витери урайĕн тайанасем çине минераллă апатсем—хăйă, кăмрăк, вĕтĕ чул хурса панă. Юратса пăхнине пула чăхсем хĕл каçиччен çăмарта тăваççĕ. Фермăра 4 уйăх хушшинче ирнă 3.494 çăмарта панă.

М. АЛЕКСЕЕВА.

*Районти хаçатсене пăхса тухни*

## Хаçатсен пархатарлă тивĕçĕ

Тăвай районĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем общественнăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе иртнĕ çулхинчен хастарлăрах ĕçлеççĕ. Çакна эпир районти «Сталин ялавĕ» хаçатра (редакторĕ Матвеев юлташ) пичетленнĕ материалсенчен те лайăх куратпăр. Хаçат выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе ытларах интересленме пуçларĕ. Вăл фермăсенче ĕçлекенсен социализмла ăмăртăвне, ĕçре пахха тĕслĕх кăтартакан дояркăсен, телятницăсен опытне тăтăшах сутатать. Январь уйăхĕнче хаçатра «Новый путь» колхозри дояркăсен А. Сорокина тата М. Константинова, «Искра Ильича» колхозри В. Новикова доярка хăйсен опычĕ çинчен каласа пачĕç.

«Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 1.984 литр сĕт сурăм, районта малти вырăна тухрăм. Манăн ĕмĕтсем татах та пысăкрах: кăçал кашни ĕнерен 2.200 литртан кая мар сĕт сăвассишĕн кĕрешетĕп»,—тесе çырать хăйĕн «Обязательствăсене пурнăçлатпăр» ятлă статьинче «Республикăри чи лайăх доярка» ятне илме тивĕçлĕ пулнă А. Сорокина юлташ.

Сĕт мĕн чухлĕ суса илесси пĕтĕмпех ĕнесене мĕнле пăхнинчен килет. Районти малта пыракан дояркăсем çакна лайăх ăнланса илнĕ. А. Сорокина доярка хăйĕн статьинче ĕнесене хĕллехи вăхăтра, сĕтеклĕ апатсемсĕр пуçне, куллен 12—14 килограмм таран вĕтетсе пăспа çемçетнĕ улăм çине 2—3 килограмм посыпка сапса çитерни, выльăхсене ăшă шывпа кăна шăварни, çакна пула пăрулан ĕнесенчен куллен 10—12-шер литр сĕт суса илни çинчен каласа парать.

«Новый путь» колхоз членĕсем выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе илнĕ обязательствăсене пурнăçлассишĕн мĕнле кĕрешнипе тĕплĕнрех паллаштарас тĕллевпе хаçатра ятарласа страница организациленĕ. Ку страницăра пичетленнĕ статьясенчен колхоз председателĕ, Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Д. А. Александров юлташ çырнă статьяна уйрăммăнах палăртмалла. Вăл колхозри ферма работникĕсем кăçал кашни 100 гектар çĕр пуçне 130,5-шер центнер сĕт, 60-шар килограмм çăм, 2.000-шер çăмарта, 30-шар центнер аш-какай туса илессишĕн ăмăртса ĕçлени çинчен каласа парать.

Январĕн 25-мĕшĕнче хаçат ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстерессишĕн «Искра Ильича» колхозри сĕт-çу ферми работникĕсем мĕнле кĕрешни çинчен каласа пачĕ. «Кăçал кашни 100 гектар çĕр лаптăкĕ пуçне 126 центнер, е кашни сăвакан ĕнерен 1.700 литртан кая мар сĕт сăвассишĕн кĕрешетпĕр, тесе çырать колхоз председателĕ Ф. Евграфов юлташ. — Çакна тума пирĕн пур условисем те çителĕклĕ... Витесемпе çурт-йĕрсене юсаса ăшăтнă. Выльăх апачĕсем те çителĕклĕ, концентрат тата ытти те — кирлĕ чухлĕ уйăрса хунă, вĕсене тĕрĕс шута илнĕ». Ку колхозра выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче лайăх йĕрке тунă. Дояркăсем пур йĕрпе çирĕп пăхăнса ĕçлеççĕ: ĕнесене ирхине 6—7 сехетре сăваççĕ, унтан апатлантараççĕ, шăвараççĕ.

— «Доярка мĕнле ĕçленинчен, — тесе çырать «Искра Ильича» колхозри В. Новикова доярка,—ĕнерен сĕт ытларах та ытларах суса илесси нумай килет. Эпĕ çакна яланах асра тытса ĕçлетĕп». Тăрăшса ĕçлени результачĕсем куç умĕнчех: Новикова юлташ пăхакан ĕнесем кунне 12-шер литр таран сĕт параççĕ.

Молотов ячĕпе тăракан колхозри сысна ферминчи заведующийĕ Д. Михайлов юлташ хаçатра колхозри свинаркăсен çитĕнĕвĕсем çинчен каласа панă. Ăйнинĕ колхозăн сысна фермине пурĕ 209 сысна. Вĕсенчен 79 пуçне самăртма тăратнă. Михайлов юлташ хăйĕн статьинче сыснасене пăхас ĕçе мĕнле организациленине паллаштарать. «Сыснасене вăхăтра тата тĕрĕс апатлантарсан, вĕсен чĕрĕ виçи хăвăрт ӳсет, — тесе çырать вăл...—Халĕ сыснасем куллен 500—600-шер грамран кая мар хушăнаççĕ».

Паллă, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша хăвăрт ӳстерме май паракан тĕп çăлкуç — кукуруза. Çак питĕ паха культурăна туса илес тĕлĕшпе районти колхозсем хăшпĕр утăм турĕ. Хаçат вĕсен опычĕпе те паллаштарать. Январĕн 22-мĕшĕнче тухнă номерте «Кукуруза—вăл тĕпштырă, силос тата симĕс апат» темăпа ятарласа страница организациленĕ.

Çапла ĕнтĕ, «Сталин ялавĕ» хаçат, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракансен паха опытне анлăн сарса, пархатарлă ĕç тăвать.

Районти чылай колхозсем общественнăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес ĕçре юлса пыраççĕ-ха. Хаçатри материалсенчен «Победа», «25 Октябрь», Киров ячĕпе тăракан, «Горьковская Коммуна» тата ытти хăшпĕр колхозсенче ĕнесенчен сĕт сахал суса илни курăнать. Анчах общественнăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитменлĕхсене, вĕсемшĕн айăплă çынсене хаçат çивĕччĕн критиклемест-ха. Социализмла ăмăрту итогĕсем çинчен çырнă чухне хаçат танлаштару меслечĕпе çителĕксĕр усă курать. Кăçалхи ялхуçалăх сулĕн малтанхи тăватă уйăхĕ хушшинче, иртнĕ ялхуçалăх çулĕн малтанхи тăватă уйăхĕпе танлаштарсан, Хрущев ячĕпе тăракан колхозра кашни ĕнерен 140-шер литр ытларах, «Красный Октябрь» колхозра вара 129 литр сахалтарах сĕт суса илнĕ. Хаçат ĕнесенчен сĕт суса илес тĕлĕшпе чылай колхозсем юлса пынин сăлтавĕсене тарăннăн уçса палăртмасть.

Общественнăлла выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва юлашки вăхăтра Вăрмар районĕнчи «Хĕрлĕ ялав» хаçат та (редакторĕ Алексеев юлташ) анлăрах сутатма тытăнчĕ. Январь уйăхĕнче «Дружба» колхозри ĕне ферминчи заведующийĕ Г. Строганов юлташ дояркăсен ĕçри хастарлăхĕ çинчен, Сталин ячĕпе тăракан колхозри сысна ферминчи заведующийĕ Л. Чернов юлташ сыснасене пăхас ĕçе мĕнле организациленни çинчен каласа пачĕç. Кивĕ Вăрмарти Ленин ячĕпе тăракан колхозри ĕне тата сысна фермисенчи работниксем хаçатра хăйсен çитĕнĕвĕсемпе паллаштарчĕç. «Çĕрпӳ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх работникĕсем сĕнинине шута илсе, эпир фермăсенчи выльăхсене пăхса усрассине лайăхлатсах пыратпăр... Сĕт тухăçĕ тăтăшах ӳссе пырать...»,—тесе çыраççĕ вĕсем. Февраль уйăхĕн малтанхи кунĕсенче хаçат выльăх-чĕрлĕх работникĕсен социализмла ăмăртăвне тата анлăрах сарса яма чĕнсе уместатья тата КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕн В. Алексеев юлташăн «Сĕт суса илессине татăклăн ӳстерер» ятлă статьине пичетлерĕ.

КПСС XX съезчĕн историлле решенийĕсемпе хавхаланса тата Воронеж облаçĕнчи колхозниксен, колхозницăсен, МТС-семпе совхозсен работникĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен патриотла пуçарăвĕ çине ответлесе, пирĕн республикăри ялхуçалăх ĕçченĕсем общественнăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне хăвăрт ӳстерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва вăйлатаççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсен ăмăртăвне анлăн сутатасси, дояркăсен, свинаркăсен тата выльăх-чĕрлĕх пăхакан ытти работниксен паха опытне анлăн пропагандăласси—районти хаçатсен пархатарлă тивĕçĕ.

## Пысăк çемье

Ача чухнехине аса илнĕ чухне час-часах юратнă учителĕн сăнĕ куç умне тухса тăрать. Çичĕ çула çитнĕ пĕчĕк çын малтанхи кун шкула пырсанах ун çине ытарайми пăхать, кашни сăмахне тимлĕ итлет. Пĕр саспалли те пĕлменскер, шкултан вăл тепĕр темиçе çултан вĕреннĕ, хăй тĕллĕн пурăнма тата ĕçлеме пултаракан çын пулса тухса каять. Социализмла обществăн культурăллă гражданĕсене çитĕнтерес ĕçре учитель мĕн чухлĕ вăй, пĕлӳ, чăтăмлăх хунине нимĕнле майпа та виçме çук.

Ольга Ивановна Кадкина 28 çул хушши ĕнтĕ учительница пулса ĕçлет. Вăл халĕ те, малтанхи вĕренӳ çулĕн пĕрремĕш кунĕсенчи пекех, класа хумханмасăр пырса кĕреймест, мĕншĕн тесен ачасен малашлăхĕ, вĕсем мĕнле çынсем пуласси учительрен нумай килет. Çавăнпа та ĕнтĕ Ольга Ивановна кашни ача характерне, интересĕсене, шухăшĕсене тĕплĕн пĕлме тăрăшать. Унсăрăн ача чĕри патне пыраймастăн. Ашшĕ-амăшĕсене, килти пурнăçне, ача уроксем хыççăн ăçта вылянине те пĕлме тăрăшать Ольга Ивановна. Канмалли кунсенче те, кирек мĕнле çанталăкра та учительница хăйĕн вĕренекенĕсен ашшĕ-амăшĕсем патне кайса çӳрет. Нумай ачасен ашшĕ-амăшĕсене Ольга Ивановна шкулта ывăнма пĕлмесĕр ĕçлени, çав вăхăтрах хăйĕн пысăк çемйинче йышлă ачасене те йĕркеллĕ пăхса çитĕнтерме пĕлни тĕлĕнтерет. Ăна, вунă ача амăшне, правительство «Ача амăшĕ-геройня» ятне панă.

Хальхи вăхăтра Ольга Ивановнăн аслă ачисем вĕренсе тухса ĕçлеме пуçланă. Вунçичĕ çулхи Владимир, вăрман техникумĕ пĕтернĕ хыççăн, Красноярск крайĕнчи пĕр вăрман участокне мастер пулса ĕçлеме кайнă. Людвига ятлă хĕрĕ, ялхуçалăх техникумĕнче вĕреннĕскер, Тюмень облаçĕнче ĕçлет. Людмила та çав техникумрах вĕренсе тухнă, халĕ вăл Мускаври ветеринари академийĕн 5-мĕш курсĕнче вĕренет, пур предметсемпе те «отлично» паллăсем илет. Павел—вăрман техникумĕн иккĕмĕш курсĕнче, Елена—5-мĕш класра, Мария—7-мĕшĕнче, Иван—виççĕмĕшĕнче вĕренеççĕ. Пĕчĕккисем иккĕшĕ шкула çӳреймеççĕ-ха. Чи аслă ывăлĕ çинчен сăмах хускатсан Ольга Ивановна ассăн сывласа илет: вăл салтакра вилнĕ.

— Эпир упăшкапа иксĕмĕр те учительсем, нумай вăхăта шкулта ирттеретпĕр,—каласа парать Ольга Ивановна.—Пысăк çемье ĕçлеме чăрмантармасть. Пирĕн ачасем йĕркеллĕ, пĕчĕкренех ĕçе юратаççĕ, пĕр-пĕрне пăхаççĕ. Çулла, сăмахран, пурте пахчара ĕçлеççĕ. Садра вара кашнийĕн хăйĕн юратнă улмуççи пур.

Опытлă педагог Ольга Ивановна хăйĕн ачисене коллективра пурăнма вĕрентет, общественнăлла ĕçе хутшăнтарма тăрăшать. Пĕр-пĕр ачи пионера е комсомола кĕни çемьере пысăк уяв пулса тăрать.

Анчах ача—ачах ĕнтĕ вăл, тепĕр чухне итлеменни те, ашкăнни те пулать. Ун пек чухне айăпа кĕрекене шăллĕсемпе йăмăкĕсем çемйипе пухăнса сӳтсе яваççĕ.

Ольга Ивановна патне кашни кунах хăйĕн вĕренекенĕсенчен тата ывăлĕ-хĕрĕсенчен çырусем килсе тăраççĕ. Кашнинех ăна лайăх воспитани панăшăн тав тăвать.

Кăçал вăл вĕрентекен класра 43 ача. Учитель ĕçне лайăх туса пынисĕр пуçне Ольга Ивановна общественнăлла ĕçе те активлă хутшăнать: вăл 4-мĕш вăтам шкулти пуçламăш парторганизаци секретарĕ, виççĕмĕш класс учителĕсен методикăлла пĕрлешĕвĕн руководителĕ, халăх заседателĕ пулса ĕçлет.

— Мĕнле-ха эсир шкулта та, общественнăлла ĕçре те, килте те ĕлкĕрсе пыратăр?—тесе ыйтсан, Ольга Ивановна çапла ответлет:

— Мана комсомол çитĕнтернĕ, халĕ эпĕ парти членĕ. Коммунистăн пур çĕрте те ĕлкĕрмелле, унăн тивĕçĕ—Тăван çĕршывăн тата тăван совет халăхĕн шанăçне тӳрре кăлармалли.

В. СТЕКЛОВ.

Улатăр хули.

# Çутă тĕллев

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз икĕ-виçĕ çул каялла çеç-ха Канаш районĕнчи чи кая юлнисенчен пĕри шутланнă. Тырпул та ăнман, выльăх-чĕрлĕх те ĕрчемен. Ĕçкунĕсен хакĕ пĕчĕккĕ пулнă, дисциплина хавшанă. Çакă вăл кӳршĕри «Канаш» тата «Комсомол» ялхуçалăх артелĕсем тĕревленнĕ вăхăтра пулса пынă.

Канаш МТС-ĕн главнăй зоотехникĕ Мостяченко юлташ, колхозра пирĕнпе пĕрле пулнăскер, малтанах çапла асăрхаттарчĕ:

— Хрущев ячĕпе тăракан колхоз малта пымасть-ха. Унта халиĕхе çитменлĕхсем те сахал мар. Анчах çакă хĕпĕртеттерет: вăл икĕ çул хушшинче самай пысăк çитĕнӳсем туса пултарчĕ.

Главнăй зоотехник хăшпĕр цифрăсене илсе кăтартать. Тĕштырăсен тухăçлăхне Хрущев ячĕпе тăракан колхоз 1955 çулта районта пĕрремĕш вырăн йышăннă, гектартан 15,3-шер центнер пухса илнĕ. Çулталăк хушшинче сысна ашĕ илесси тăватă хут ӳснĕ. Колхоз ĕçченĕсем хуçалăхри мĕнпур ĕçсене вăхăтра, лайăх пахалăхпа туса ирттернĕ.

Çитĕнӳсен тăвасси, чи пирваях, артеле ертсе пыракан органа—правленине çирĕплетнинчен килнĕ. Колхоз председателĕ пулма Г. Алексеев юлташа суйланă хыççăн хуçалăхăн кашни участокĕнче çирĕп йĕрке, тирпейлĕ хуçа пурри туйăннă. Çĕнĕ председатель чи малтанах организаторла ĕçсем туса ирттернĕ. Бригадирсемпе ферма заведующийĕсем пулма тӳрĕ кăмăллă, ĕçе юратакан колхозниксене уйăрса лартнă, вĕсен ответлăхне ӳстернĕ. Правлени тавра ĕççен колхозниксенчен çирĕп актив чăмăртаннă. Колхоз ĕçне пĕрремĕш вырăна хуракан çынсем çине таянса, колхоз правленийĕпе парторганизаци артель членĕсене пысăк ĕçсем туса çĕкленĕ.

Артелĕн 1955 çулхи ĕçĕсене пĕтĕмлетсе тухсан, çакă курăнать: пухса кĕртнĕ тĕштырă малтанхи çулхинчен икĕ хут сурă ытларах. Ку хĕсĕ артель членĕсем КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн решенийĕсене пурнăçланă май тунă ĕçсем çинчен ĕнентерсе калать. Тĕштырă нумайрах туса илнĕ хыççăн артелĕн ытти отраслĕсем те хăвăртрах аталанма тытăннă: выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ те ӳсет, строительство ĕçĕ те сарăлса пырать.

Иртнĕ çулсенче сысна усрани артеле тупăш кӳреймен пулнă. 1955 çулта сысна фермин ĕçне тĕпрен лайăхлатнă. Шлакпа бетонран типовăй сысна вити туса лартнă, апатсем çителĕклĕ хатĕрленĕ. Çакăн хыççăн ферма ĕçĕ йăлтах улшăннă. Филиппова Иванова свинаркăсем кашни амаран 18-шар çура илсе çитĕнтернĕ, вĕсем «Республикăри чи лайăх свинарка» ятне илме тивĕçлĕ пулнă. 19-шар çура илнĕ Одинцова свинаркăна Ялхуçалăх министерстви сăмавар парса премиленĕ. Артель сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 13 центнер сысна ашĕ туса илнĕ.

Хрущев ячĕпе тăракан колхоз руководителĕсем те, артель членĕсем те пирвайхи çитĕнӳсемпе лăпланса шутламаççĕ. Вĕсен ĕçлемелли тата нумай-ха. Хуçалăхăн хăшпĕр отраслĕсем çаплипех юлса пыраççĕ.

Иртнĕ çул колхозра кукуруза начар пулнă. Кирлĕ пек тăрăшса ĕçлемен кунта кукурузăшăн. Çакна тӳрĕ чунлă колхозниксем хăйсенех ăнланса илнĕ.

— Иртнĕ çул кӳршĕри «Канаш» колхозра кукуруза лайăх çитĕнчĕ. Пирĕн вара правлени те, колхозниксем те кукурузăна тивĕçлипе хакламан,—тет А. Платонов колхозник.

Çантаçăн условийĕ енчен Хрущев ячĕпе тăракан колхозăн çĕрĕсем лайăхрах та. Кукуруза кирек «Канаш» колхозра гектар пуçне вăтăр-хĕрĕхшер пин тислĕк кăларнă, вăхăтра акнă, тăрăшса пăхса ӳстернĕ. Унта кукуруза туса илес тĕлĕшпе ятарласа организациленĕ звенасем ĕçленĕ. Хрущев ячĕпе тăракан колхозра кукурузăшăн кӳршĕсем пек тăрăшман.

Халĕ ăнă мĕн пулса тухрĕ. Кукурузăран пахă силос хатĕрленĕ «Канаш» колхозра [illegible] Хрущев ячĕпе тăракан колхозринчен икĕ хут ытларах сĕт суса илессĕ.

Кăçал кунта кирпĕчрен пысăк ĕне витти лартма палăртнă, механизациленĕ кормокухня пулать. Кукуруза анапан лаптăкĕ 55 гектара çитет, гектартан 300 центнер симĕс масса, 50-шар центнер ăвăс пек хытнă пуçĕсене пухса илмелле.

— Çак ĕçсене туса ирттерсен, кашни ĕнерен сĕт суса илессине çулталăк хушшинче 1.000 литр ӳстерме шутлатпăр,—теççĕ колхозниксем.

Колхозра артель членĕсене пурнăç çинчен хавхалантармалли принципа тĕрĕс пурнăçлама тăрăшаççĕ. 1955 çулта ĕçшăн хушса тӳлемелли йĕркепе пĕрремĕш хут усă курнă. Çакă колхозниксен ĕçри хастарлăхне вăйлатать, ĕçе тĕплĕ, юратса туме хавхалантарать. Акă, уй-хир бригадисенче ĕçлекен колхозниксем пĕлтĕр планран ирттерсе 560 центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Çакăншăн вĕсене 130 центнер тырă хушса параççĕ. Пĕтĕм ĕçкунĕсем тăрăх 2,6 килограмм тырă валеçĕнет пулсан, уй-хирте ĕçлекенсем 3,3 килограмм илеççĕ. Укçа-тенкĕ те пĕр пек валеçĕнмест. Кантăр туса илнĕ колхозниксем, сăмахран, ĕçкунĕ пуçне 1 тенкĕ те 49 пус, строительство бригадинче ĕçлекенсем—2 тенкĕ илнĕ. Мĕнпур ĕçкунĕсем çине вара 75 пус валеçĕнет.

Колхоз ӳсĕм çулĕ çинче. Артель ĕçченĕсемпе калаçнă чухне вĕсен хăйăхрах ĕçлеме май паракан резервсемпе майсене шыранин системи.

Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ улттămĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсем пичетленнĕ хаçатсем яла çитсен, колхоз правленийĕнче хĕрӳллĕ калаçу пулса иртрĕ.

— Парти 1960 çул тĕлне çĕршывĕпе 11 миллиард пăт тĕштырă туса илме задача лартать,—терĕ шкул директорĕ, вăлах пуçламăш парторганизаци секретарĕ Павлов юлташ.—Пирĕн те çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче гектартан çĕр аллăшар пăт тырă туса илмелле. Çавăн пекех кукурузă, çĕрулмипе пахча çимĕç тухăçлăхне те ӳстерес пулать.

Тухăçлăрах тырпул... Çак ытту çĕрсене пурăннă хресчен пуçне мĕн ăлĕкренпех кайăç паман.

— Эпир уй-хире тислĕкпе ытти удобренисем çителĕклĕ таран кăларатпăр-и-ха?—Парторганизаци секретарĕ колхозниксем çине тинкерсе пăхрĕ.—Пăллах, çук.

Колхоз председателĕ, агроном, вĕсем хыççăн ытти колхозниксем те, пурте артель çĕршывĕн планĕ çине куç хывреç. Хуçалăх центрĕнчен аякри, чикĕ хĕрринчи уйсене вуншар çул пĕр хав та тислĕк кăларман. Вăл вырăнсенче вара тырпул та яланах начар пулать.

Уй-хире тислĕк нумайрах кăлармалла. Кашни колхозник хăйĕн хуçалăхĕнчен 20—30 хав тислĕк артель уйне кăларĕтăр. Минераллă удобрени, пĕлтĕрхи пек 45 центнер çеç мар, 200—300 тонна кӳрсе килмелле,—сĕнӳ параççĕ колхозниксем.

Халиччен çак ыйтăва колхозра çине тăрсах сĕнмен вăт.

— Кăçал пирĕн хире 2.500 тонна тислĕк кăлармалла,—терĕ артель председателĕ.—Ку вăл сухаланан кашни гектар пуçне 5—6 тонна пулать. Ку—çапах та сахал, çитес çулсенче ытларах кăлармалла.

— Сахал, сахал!—терĕç пĕр харăссăн темиçе сасă. Артель хуçалăхĕнчи колхозниксен килĕсенчи мĕнпур тислĕке уя кăларсан кашни гектара 10—12-шер тонна пама пулать.

— Ялхуçалăхĕнчи ĕçсене вăхăтра туса пыни те тислĕк пекех кирлĕ,—хушрĕ малашпа сăрланнă вĕске пиншакне йӳне анă Никита Яковлев, трактор бригадин бригадирĕ. Хăй вăл çак колхоз çыннинех, çавăнпа тăван колхоз ӳсĕмĕшĕн чунтан тăрăшать.

— Тракторнетсене пулăшакан плугарьсемпе сеяльщиксем пулма пĕлтĕр çамрăк ачасем уйăрса патăр,—тет бригадир. —Çавăнпа тепĕр чухне ĕç пахалăхĕ те ырламаллăх пулмарĕ.

Малалла кайма вĕрентекен тата пулăшакан чи пысăк май вăл—малта пыракансен паха опычĕ. Çак майпа хаклăхе Хрущев ячĕпе тăракан артельте çителĕксĕр усă кураççĕ.

— Мускаври выставкăна кашни çулах нимĕр-вичĕшер çын ăратпăр. Анчах вилкам та унта кайса килсен колхозниксене мĕн курни çинчен каласа паман,—тет Ф. Петрова колхозница.

Пĕлтĕр председатель заместителĕ Одинцов юлташ Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине кайса килнĕ. Мускаврал таврăнсан унăн бригадăсенче, фермăсенче калаçусем ирттермелле, çĕршыври пысăк ялхуçалăх ĕçченĕсен пархатарлă ĕçĕсемпе паллаштармалла пулнă. Анчах Одинцов çапла тумав.

Партипе правительство кашни 100 гектар пуçне сахал ĕç вăйĕ пĕтеринпех ытларах продукци илме кирлине палăртаççĕ.

— Пирĕн колхозра ĕçкунĕсем вырăнсăр пĕтерни пур-ха,—тет В. Яковлев колхозник.—Пĕлтĕр администрацие хуçалăх штатне тытса тăма 267 ĕçкунĕ ытлашши пĕтернĕ. Сăмахран, пирĕн колхозра мĕншĕн икĕ кладовщик кирлĕ-ха?

Çĕнĕ хаçатсене пăхса тухнă май пуçланнă пĕчĕк калаçăва ытларах та ытларах колхозниксем хутшăнаççĕ. Правленинче хăй тĕллĕнех пуху пуçланчĕ. Артель членĕсем парти лартнă задачăсене тăван колхозра срокчен пурнăçлама май паракан сĕнӳсемпе канашсем параççĕ.

Парти съезчĕ улттămĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă Директивăсемпе хавхаланса, Хрущев ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 16-шар центнер тĕштырă, 190 центнер çĕрулми, 160 центнер пахча çимĕç пухса кĕртме ĕмĕтленеççĕ. Выльăх-чĕрлĕхрен илекен продуктсем пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах пулмалла. Халĕ колхозри кашни çын панă сăмаха чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешет.

Коммунистсен партийĕ кăтартса паракан çулпа малалла пырса, ялхуçалăхĕ умне лартнă пысăк задачăсене кĕске срокра пурнăçламалла—çакă пулса тăрать колхоз ĕçченĕсен çутă тĕллевĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

Канаш районĕ.

## Механизациленĕ кормокухня

Ишлей районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра шлакпа бетонран çĕнĕ кормокухня туса лартнă, унти мĕнпур ĕçсене механизациленĕ. Кормокухньăна шыв парса тăма «ВЭ-25» маркăллă водопровод хывнă. Халĕ шыв пăрăх тăрăх кормозапарника, автопоилкăна килсе тăрать. Ятарласа вырнаçтарнă бакра кормозапарник пăсĕпе шыв ăшăтмалла тунă. Бака витери автопоилка чашкисенчен çӳлерех вырнаçтарнă май, унти ăшă шыв хăех автопоилкăна юхса каять.

Кормокухньăра утă-улăма пăспа çемçетмелли уйрăм пӳлĕм пур. Кунта пĕр харăс 200 килограмм улăм çемçетме май паракан пысăк ещĕк вырнаçтарнă. Ещĕке кормозапарникрен вĕри пăс пырать.

Пăспа çемçетмелли улăма мотор вăйĕпе ĕçлекен машинăпа вĕтетеççĕ. Колхозри плотниксем соломорезкăпа кормокухня хушшине транспортер вырнаçтарнă, вăл вĕтетнĕ улăма тӳрех пăспа çемçетмелли пӳлĕме кĕртсе тăкать.

— Сăва тухсан, — каласа парать колхоз председателĕ С. Тереев юлташ, — кормокухньăран витене апат илсе пыма çакнă тимĕр çул тăватпăр.

Фермăри йывăр ĕçсене механизациленни ĕнесене пăхас тата тăрантарас ĕçе чылай лайăхлатма пулăшать. Çакна пула хĕл вăхăтĕнче 400 ĕçкунĕ яхăн перекетлеме май килет. Сĕтĕн хăйне ларакан хакĕ те икĕ хута яхăн йӳнелет.

Н. ОРЛОВ.

(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

*Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕнче*

# Республикăри районсем 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ хушшинче сĕт тата аш-какай туса илессине ÿстерессишĕн ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Республикăри районсем 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ хушшинче сĕт тата аш-какай туса илессине ÿстерессишĕн ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн бюровĕ çапла йышăнчĕ:

1. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Чăваш обкомĕн бюровĕ ĕнесенчен сĕт çуса илнĕшĕн паракан куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Вăрнар районĕнчех хăварас, çак район 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ тĕлне кашни 100 гектар çĕр пуçне 23,5 центнер, кашни ĕнерен 453 килограмм сĕт суса илнĕ, сĕт хатĕрлемелли тата сутмалли кварталти плана икĕ уйăх хушшинче 152,4 процент тултарнă.

Ĕнесенчен сĕт суса илес енĕпе Çĕрпÿ, Улатăр тата Муркаш районĕсем лайăх ĕçленине палăртас.

Çĕрпÿ районĕнчи колхозсем 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 17 центнер, кашни ĕнерен 487 килограмм сĕт суса илнĕ, сĕт хатĕрлемелли тата сутмалли кварталти плана 106,9 процент тултарнă.

Улатăр районĕнчи колхозсем çак вăхăт хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 16,5 центнер, кашни ĕнерен 456 килограмм сĕт суса илнĕ, сĕт хатĕрлемелли тата сутмалли кварталти плана 91,6 процент тултарнă.

Муркаш районĕнчи колхозсем çак вăхăтра кашни 100 гектар çĕр пуçне 15,1 центнер, кашни ĕнерен 357 килограмм сĕт суса илнĕ, сĕт хатĕрлемелли тата сутмалли кварталти плана 133,2 процент тултарнă.

Ишлей, Сĕнтĕрвăрри, Сĕнтĕр, Тăвай районĕсенчи КПСС райкомĕсен секретарĕсемпе райисполком председателĕсене, МТС-семпе колхозсен руководителĕсене асăннă районсем çĕнĕ хусалăх çулĕнчи 5 уйăх хушшинче ĕнесенчен сĕт суса илессине чакарни çинчен, ку енĕпе вĕсем ытларах ĕçлеме кирли çинчен асăрхаттарнă.

2. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС обкомĕн аш-какай туса илес ĕçре малта пыраканне паракан куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне Вăрнар районĕнчех хăварас, ку район çĕнĕ хусалăх çулĕнчи 5 уйăх хушшинче кашни 100 гектар çĕр пуçне 13,5 центнер (чĕрĕ виçепе) аш-какай, вăл шутра сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 7 центнер сысна ашĕ илнĕ, аш-какай хатĕрлемелли тата сутмалли кварталти плана мартăн 1-мĕшĕ тĕлне 47,0 процент тултарнă.

Аш-какай туса илес енĕпе Ишлей, Красноармейски, Шăхасан, Çĕрпÿ тата Елчĕк районĕсем лайăх ĕçленине палăртас, вĕсем кашни 100 гектар çĕр пуçне иртнĕ 5 уйăх хушшинче 10,0 центнер ытларах аш-какай туса илнĕ.

## Колхозсенче 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1956 çулхи мартăн 1-мĕшĕ тĕлне ĕнесенчен мĕн чухлĕ сĕт илнине кăтартни

| Районсем | Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне сĕт илнĕ (килограмм) | Иртнĕ хусалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) | Кашни ĕнерен вăтам шутпа сĕт суса илнĕ (килограмм) | Иртнĕ хусалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) | Февраль уйăхĕнче кашни ĕнерен вăтам шутпа сĕт суса илнĕ (килограмм) | Иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Вăрнар | 2.354 | +438 | 453 | + 83 | 117 | +29 |
| Çĕрпÿ | 1.705 | +429 | 487 | + 97 | 114 | +17 |
| Улатăр | 1.646 | +655 | 456 | +186 | 115 | +39 |
| Муркаш | 1.513 | +218 | 357 | + 34 | 103 | +16 |
| Етĕрне | 1.459 | + 75 | 378 | + 4 | 98 | + 3 |
| Чкаловски | 1.419 | +516 | 399 | +131 | 106 | +35 |
| Сăмĕрле | 1.370 | +437 | 350 | +111 | 86 | +20 |
| Елчĕк | 1.318 | +378 | 385 | + 83 | 94 | +19 |
| Йĕпреç | 1.149 | + 84 | 284 | + 16 | 73 | +17 |
| Комсомольски | 1.127 | +345 | 289 | + 61 | 82 | +13 |
| Пĕрвомайски | 1.039 | +355 | 323 | +102 | 82 | +29 |
| Красноармейски | 1.010 | +198 | 257 | + 43 | 76 | +17 |
| Калинино | 1.000 | +165 | 261 | + 54 | 71 | +15 |
| Ишлей | 1.000 | —164 | 231 | — 68 | 59 | —16 |
| Шупашкар | 999 | + 10 | 291 | — 1 | 80 | — 6 |

| Районсем | Усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне сĕт илнĕ (килограмм) | Иртнĕ хусалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) | Кашни ĕнерен вăтам шутпа сĕт суса илнĕ (килограмм) | Иртнĕ хусалăх çулĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) | Февраль уйăхĕнче кашни ĕнерен вăтам шутпа сĕт суса илнĕ (килограмм) | Иртнĕ çулхи февраль уйăхĕнчипе танлаштарсан нумайрах (+) е сахалрах (—) |
|---|---|---|---|---|---|---|
| Сĕнтĕр | 979 | —120 | 221 | — 32 | 65 | — 2 |
| Шăхасан | 959 | +210 | 265 | + 47 | 70 | +17 |
| Çурачăк | 910 | +205 | 251 | + 25 | 72 | +10 |
| Пăрачкав | 864 | +260 | 280 | + 76 | 64 | +22 |
| Кувакино | 804 | +346 | 280 | +106 | 76 | +29 |
| Элĕк | 747 | + 52 | 203 | + 8 | 62 | +17 |
| Канаш | 727 | +113 | 209 | + 13 | 60 | + 8 |
| Советски | 721 | +192 | 211 | + 61 | 64 | +26 |
| Тăвай | 715 | — 53 | 190 | — 30 | 54 | — 2 |
| Хĕрлĕ Чутай | 667 | +223 | 236 | + 94 | 69 | +29 |
| Вăрмар | 633 | + 35 | 229 | — 2 | 61 | + 1 |
| Сĕнтĕрвăрри | 615 | — 44 | 167 | — 21 | 52 | + 1 |
| Октябрьски | 591 | + 16 | 207 | — 7 | 60 | + 3 |
| Шăмăршă | 564 | +294 | 260 | +143 | 65 | +37 |
| Куславкка | 446 | + 52 | 173 | + 21 | 52 | +11 |

# ПĔР РАЗЪЕЗД КОЛЛЕКТИВĔН ĔÇĔСЕМ

Хăвăлех шартлама сивĕ кунсенчен пĕринче Пинер разъезд начальникĕ Владимир Иванович Калашов дежурнăйсене, стрелочниксене, рабочисене кăске канашлăва пухрĕ. Начальникăн пысăках мар пÿлĕмĕнче ĕçлĕ канашлу пырать.

Чугун çул транспорчĕнче нумай çул хушшинче ĕçленĕшĕн Тăван çĕршывăн чи пысăк наградине — Ленин орденне илме тивĕçлĕ пулнă Калашов юлташ канашлăва пухăннисене куçран пăхса илчĕ. Унтан вăл хăйĕн калаçăвне çапла пуçларĕ:

— Нумайранпа ĕçлетĕп эпĕ чугун çул транспорчĕнче, анчах кун пек сивĕ те çаптăмарлă хĕле астумастăп. Халĕ пирĕн пурин те асăрхавлă, тимлĕ пулмалла, пирĕн айăпа пула поездсем чарăнса тăрмалла мар. Чи малтанах эпĕ стрелочниксенчен ыйтастăп: вĕсем çак майсăр çанталăкра стрелкăсене хăйсен вăхăтĕнче юсавлă тытма пултарĕç-ши?

— Нимĕн иккĕленме те кирлĕ мар, — терĕ Матрена Илларионовна.— Эпир поездсене йĕрвеллĕ йышăнса ăсатма пултаратпăр.

М. Илларионова юлташ сăмахĕсемпе ытти стрелочниксем те килĕшрĕç, стрелка хусалăхне хăйсен вăйĕпех юсаса, тасатса тăма сăмах пачĕç.

Разъезд коллективĕ пăсатки сивĕ хĕл вăхăтĕнче ăнăçлă ĕçлерĕ, поездсене йышăнса илмелли тата ăсатса ямалли графика пĕрмаях пурнăçласа пычĕ. Ку ăнăçлăх дежурнăйсенчен те нумай килчĕ. Вĕсенчен уйрăмах Я. Иванова В. Мушкардин юлташсем лайăх ĕçленине палăртмалла.

Разъездра пултаруллă рабочисен коллективĕ ÿссе çитĕнчĕ. В. Черняков стрелочник пирĕн разъездра 1927 çултанпа ĕçлет. Çав вăхăтра вăл ĕçе лайăх вĕренсе çитнĕ, хăйĕн тивĕçне чыслăн пурнăçласа пырать. Ăна «Ĕçре палăрнăшăн» медальпе наградăланă. Дежурнăй Я. Иванов юлташ чугун çул транспорчĕнче малтан стрелочник пулса ĕçленĕ. Хушнă ĕçе юратса туса пынине пула, çамрăк рабочие дежурнăйсем хатĕрлекен шкула вĕренме янă. Вăл чылайранпа ĕнтĕ дежурнăй пулса ĕçлет. Вăл «Ĕçре палăрнăшăн» медаль илме тивĕçлĕ пулнă.

А. Михайлов юлташ — Отечественнăй вăрçă инвалидĕ. Халĕ разъездра весовщик пулса ĕçлет. Вăл грузсене илмех типтерлĕ тиетерсе ăсатма тăрăшать. Грузсем тиенĕ чухне ăна илмелĕх чугун çул линийĕ çинче курма пулать. Халĕ машинистсем нормăран ирттерсе груз тиенĕ поездсем илсе çÿрессипĕн хастарлă кĕрешеççĕ. Анчах машинистсене нормăран ирттерсе тиенĕ составсем хатĕрлесе парассин станцисенче — поездсем йĕркеленекенсенчен, разъездсенче — весовщиксенчен нумай килет. А. Михайлов та çак кĕрешÿ айккинче тăмасть, нормăран ирттерсе груз тиенĕ вагонсем çоç ăсатать.

Разъездра ĕçлекенсен коллективĕ партин XX съезчĕ йышăннă историлле решенисене патриотла пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕ. Машинистсемпе стрелочниксем, юсав ĕçĕнчи рабочисем, съезд йышăннă решенисене хапхаланса, ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума, пур заданисене те ăнăçлă пурнăçласа пыма пуличĕç. Халĕ вĕсем, сурхуннисене хатĕрленсе май, сигнализацисене стрелка хусалăхĕсене тĕрĕслесе юсаççĕ, çурхи шыв-шур чугун çул линийĕсене сиенлесрен вĕсен хĕррине канавсем чаваççĕ.

**И. СМИРНОВ**, стрелочник.

*Редакцие килнĕ çырусем*

## Вутă сутас ĕçе лайăхлатма мĕн чăрмантарать

Кăçал Шупашкар хулинчи чылай предприятисемпе учрежденисем тата пысăк суртсем торф сунтарма тытăнчĕç. Мунча тата хăшпĕр коммунальнăй предприятисем сурхуйне хутма торф турттарса хучĕç. Шупашкарти Топсбыт (топливо сутакан кантур) Етĕрнене каякан çул хĕрринче торф склачĕ уçрĕ. Хуларн автотранспорт кантурĕ çак склада кулленех 10—12 автомашинăпа торф турттарать. Çул пăсăличчен 5 пин тонна торф турттарса кăларма тăрăшатпăр.

Анла пулин те хулара топливо çителĕксĕр. Нумай учрежденисем, шкулсене больницăсен сурчĕсене, рабочисемпе служащисен хваттерĕсене пăспа мар, кăмакасене вутă хутса ăшăтаççĕ, торф сунтарма май çук. Топсбыт çавăн пек учрежденисемпе ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тулли тивĕçтереймест, вĕсене вутă çителĕклĕ парса тăраймасть. Çакă вăл «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан Приволжски вăрманпромхозăн тата Чăваш АССР Топливо промышленность управленинне пăхăнса тăракан Шупашкар вăрманпромхозĕн руководителĕсем вутă хатĕрлесси çине тĕрĕс мар пăхнинчен килет.

Нарях тăрăх, 1-мĕш кварталта Приволжски вăрманпромхозăн Топсбыта 14,6 пин кубометр вутă тăратмалла. Мартăн 1-мĕшĕ тĕлне вăл 5,8 пин кубометр çес, урăхла каласан, 40 процент çес тăратнă. Топливо промышленность управленийĕн вăрманпромхозĕ те васкамасть, вăл кварталти задание 41 процент кăна тултарнă.

Атăл урлă автомашинăсемпе çÿремелли çул пĕр-ик эрнерен пăсăлма пултарать. Ситес кунсенчех татăклă мерăсем йышăнмасан, хулари чылай учрежденисемпе ĕçсыннисем вутăсăр тăрса юлма пултараççĕ. Пирĕн шутпа, хулана вутă тăратассишĕн Приволжски вăрманпромхозăпа Шупашкар вăрманпромхозĕн руководителĕсем Кошелева Андреевичев юлташсем ответлăхне ÿстермелле. Шупашкар хула Совет исполкомĕн вутă турттарнине куллен тĕрĕслемелле. Вăрман хатĕрлемелли уйăхлăх вăхăтĕнче вутă ытларах касса турттарма тăрăшмалла.

Ĕçсыннисем Топсбыт илĕх вутă сутнăшăн тĕрĕс пăшăрханаççĕ. Ку вăл акă мĕнрен килет. Чăвашлесосбыт (управляющийĕ Долбилов юлташ) хăшпĕр коллективсене вутă Приволжски вăрманпромхозĕран тÿрех илме нарядсем парать. Вăрманпромхозри хăшпĕр работниксем вутта сортласа, суйласа илме май параççĕ, çавăнпа Топсбыт урлă ĕçсыннисене сутма вара паха мар вутă çеç тăрса юлать. Çак киревсĕр йĕркене пĕтермелле, мĕнпур вутта Топсбыта тăратмалла тумалла.

1955 çулта РСФСР Пир-авăр промышленность министерствин Шупашкарти мехлеспункчĕ Хусана Атăл тăрăх ăсатма 1.500 кубометра яхăн вутă хатĕрленĕ. Çав вутă «Приверх» складра выртать. Çав вăхăтрах Тутар республикинчи вăрман хатĕрлекен организацисен пирĕн республикăна чылай вутă тăратмалла. Топливо промышленность управленийĕн, Госпланăн, Чăвашлесосбыт управленийĕн республикăри топливо ресурсĕсемпе лайăхрах усă курмалла, Шупашкар хулине вутă тăратассине лайăхлатмалла.

Февраль уйăхĕнче сутма Атăл леш енчи торф предприятийĕнчен 50 тонна торф кÿрсе килтĕмĕр. Ĕçсыннисем торф туянаççĕ, анчах унăн пахалăхĕ япăх, нумай ванать. Эпир торф предприятийĕн директорĕ Грибов юлташ малашне торф пахалăхне лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнасса шанатпăр.

**А. РОЖНО,**
Шупашкарти Топсбыт директорĕ.

## Ялхуçалăх фильмĕсене ытларах кăтартмалла

ИШЛЕЙ. Ялхуçалăх фильмĕсен фестивалĕ пуçланнăранпа икĕ уйăх иртрĕ. Районти культура пайĕн кинемеханикĕсенчен чылайăшĕ фестиваль ирттерес ĕçе активлă хутшăнчĕç. «Заря коммунизма», «Броневик», «Коминтерн», Ленин ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан колхозсене ялхуçалăх фильмĕсем нумай кăтартаççĕ. «Заря коммунизма» колхозра «Терентий Мальцев» тата «Кукурузăна—çĕршывăн уй-хирĕсене» ятлă фильмсем кăтартнă чухне агроном Р. Терентьев юлташ калаçусем ирттернĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхозра ялхуçалăх фильмĕсемпе агротехника курсĕнче усă кураççĕ. «Органикăлла тата минераллă удобренисем хутăшĕ» фильм кăтартнă вăхăтра Кудряшов агроном çав темăпа тăрăх лекци вуласа панă. Çапла туни курсра вĕренекенсене материала лайăх ăнланма май парать.

Молотов ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çул кукуруза аван пулнă. Халĕ колхозниксем çак хаклă культурăна 60 гектар çине лартма палăртнă. Çав шутран 10 гектарне çĕртме пуссине лартаççĕ. Колхозниксем кукуруза агротехникине тĕплĕн вĕренеççĕ, уй тислĕкпе торф кăлараççĕ.

Районта çакăн пек лайăх тĕслĕхсем нумай мар-ха. Хăшпĕр колхоз руководителĕсем колхозниксене ялхуçалăх фильмĕсем кăтартас ĕçе хакламаççĕ. Сăмахран, Чапаев ячĕпе тăракан колхоз правленийĕ (председателĕ Н. Степанов юлташ) колхозниксене ялхуçалăх фильмĕсем кăтартма килĕшмен.

Ялхуçалăх фильмĕсен фестивалĕ политикăлла пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç. Вăл колхозниксене ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕпе паллаштармалли, вĕсен агротехникăлла пĕлĕвĕсемпе тавракурăмне ÿстермелли лайăх май пулса тăрать. Ялхуçалăх фильмĕсен фестивалĕпе анлăн усă курмалла.

**П. ОСИПОВ.**

*„Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн*

### «РУКОВОДИТЕЛЬСЕМ ЧУНСĂР ПУЛСАН»

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн 8-мĕш номерĕнче çакăн пек ятпа çыру пичетленнĕччĕ.

КПСС Канаш хула комитечĕ редакцие çапла пĕлтерчĕ: çырура кăтартнă фактсем пĕтĕмпех тĕрĕс. Хальхи вăхăтра строительствăпа монтаж кантурĕнче ĕçленĕ Степанов рабочие пенси илме хутсем хатĕрлесе панă. Ăна кантур 200 тенкĕ парса пулăшнă, 4 кубометр вутă кÿрсе панă, больничнăй лист тăрăх укса тÿленĕ.

Строительствăпа монтаж кантурĕн ертсе пыракан работникĕсене Болдыш, Архипов тата Сапотько юлташсене Степанов рабочин ыйтăвĕсем çине тимсĕррĕн пăхнăшăн тата ăна вăхăтра пулăшу паманшăн парти хула комитечĕ асăрхаттарнă.

## Культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтермелле

Элĕк районĕнчи Ярхунушкăнь ял Советне кĕрекен тăватă яла пĕр колхоза пĕрлештернĕ. Кунта колхоз центрĕнчен виçĕ километрта выртакан Куракасси те кĕрет. Елĕкрех ку ялта пуçламăш шкул, клуб тата ларек пурччĕ. Ачасен йышĕ сахал тесе, 1952 çулта шкула хупрĕç. Халĕ вара 7—10 çулхи ачасен шкула çÿреме питĕ инçе. Куракассинчи шкул çуртне хĕллехи вăхăтра колхоз тыррине тултарса хураççĕ. Пуçламăш шкул уçасси çинчен ял Советĕнче, райисполкомра темиçе хутчен те каланă. Анчах çак ыйтăва инçета та кирлĕ пек татса памаççĕ.

Клуб пÿлĕмĕнче капланă, унăн çуртне юсасси çинчен колхоз правленийĕ аса та илмест.

Ялти ларека хупнă пирки, колхозниксем куллен кирлĕ таварсем илме те ĕçе пăрахсах 3—6 километра утаççĕ. Çакăн çинчен районти суту-илÿ енĕпе ĕçлекен руководительсен тахçанах шухăшласа пăхма вăхăт.

**И. ИГНАТЬЕВ.**
**В. ЛАЗАРЕВ.**
**Г. ТИМОФЕЕВ.**

## Урамри йывăççене упрамалла

Юлашки çулсенче Шупашкар хулине илемлетес тĕлĕшпе нумай ĕçсем туса ирттернĕ. Атăл хĕрри палламалла мар улшăнчĕ, унта тата Карл Маркс урамĕнче вăтă сăкасем чылай лартса тухнă.

Анчах хулари ĕçсыннисем лартнă йывăççене сыхласа хăварассишĕн тăрăшмаççĕ. Кил-сурт хуçисем, суртсен комендантсем тротуарсемпе çулсем çинчен пуçтарнă юра йывăççем йĕри-тавра купалаççĕ, кайран çав юра машинăсем çине тимĕр кĕреçесемпе е тимĕр çапнă йывăç кĕреçесемпе тиеççĕ. Çапла тунă чухне кĕреçесемпе йывăççене касса пĕтереççĕ. Халĕ Карл Маркс урамĕнче çапла майпа амантнă йывăççене вуншарăн курма пулать.

Хула Совет исполкомĕн йывăççене сыхлас тĕлĕшпе халех татăклă мерăсем йышăнмалла.

**П. ЕФИМЕНКО.**

## Чÿрече рамисене ăçта илме пулать?

Сăмĕрле хули—ÿсет, ситĕнсе пыракан хула. Кунта кашни çулах вуншар рабочи, служащи çĕнĕ çуртсем лартаççĕ. Çакна шута илсе, хулара строительство материалĕсем сутас ĕçе йĕркелемелле. Анчах хулара, сĕтел-пукан комбиначĕпе сĕтел-пукан фабрики, йывăçран тĕрлĕ япаласем туса кăларакан завод тата темиçе артель пур пулин те, магазинсенче çĕнĕ çуртсем лартнă çĕрте кирлĕ хатĕрсене тупса илме çук. Хулари хуçалăх таварĕсем сутакан магазинта кантăк рамисем, алăк пайĕсем нихçан та пулмаççĕ.

Çавăн пекех хулара «Спотара» комбиначĕ пур пулин те, районта ĕçсыннисем хушшинче катка-пичке сутас ĕçе йĕркелемен.

**М. АЛЕКСАНДРОВ.**

## Хаçатсене вăхăтра илеймастпăр

Сĕнтĕр районĕнчи Свердлов ячĕпе тăракан колхоз почтальонĕ А. Горбунов хаçат-журналсене подписчиксем патне вăхăтра ситерсе памасть. Вăл хаçат-журнала Урпашри сыхăну уйрăмĕнчен илсе тухсан тепĕр пилĕк-улта кун иртсен тин подписчиксене леçсе парать. Горбунов час-часах хаçатсене шкул ачисенчен е урăх сынсенчен парса ярать. Çавна пула тепĕр чухне хаçат-журнала йĕркеллĕ илсе тăраймастпăр.

Хаçат-журналсене хăçан вăхăтра тата йĕркеллĕ илсе тăма пуçлăпăр-ши?

**Г. КОЛЬЦОВ.**

# Колхозсенче хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн

Колхозсен тупăшне ÿстерес ĕçре пыл хурчĕсем ĕрчетни пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Вĕлле хурчĕсем хаклă продуктсем—пылпа ăвăс паниçĕр пуçне ÿсентăрансене шăркалантарса, вĕсен тухăçлăхне те нумай ÿстереççĕ. Сăмахран, хуртсем вĕçнипе хĕрлĕ клевер вăрлăхĕн тухăçлăхĕ 2—3 хут, хĕвелçаврăнăш, хуратул, улмаçырла, пахча çимĕç культурисен тухăçлăхĕ 50—60 процент ÿсет.

Ку вăл çапла пулин те, юлашки çулсенче пирĕн республикăра хурт-хăмăр ĕрчетес ĕç малалла каяс вырăнне каялла чакма пуçларĕ. Иккĕмĕш пилĕк çуллăх пуçланнă çулта пирĕн республикăри колхозсенче 35 пин вĕлле хурт пулнăччĕ. 1953 çулта 47 пин те 950 йыша ситнĕччĕ. Çавăн хыççăн хурт йышĕсем чылай районсенче чакма тытăнчĕç. 1954 çулта 500 йыш, 1955 çулта татах çавăн чухлĕ чакнă. Пуринчен ытла Ишлей, Куславкка, Красноармейски, Октябрьски, Çĕрпÿ, Шупашкар районĕсенче хурт-хăмăр йышĕсем нумай чакрĕç.

Мĕнрен килет хурт-хăмăр ĕрчетес ĕç çавăн пек каялла кайса пыни? Тÿрех калас пулать, çак ĕç каялла кайни хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе хакламаннинчен, хурт-хăмăр ĕрчетмелли условисемпе çителĕклĕ усă курманнинчен килет.

Малта пыракан хурт-хăмăр ăстисем пыл хурчĕсенчен пысăк тупăш илеççĕ. Сăмĕрле районĕнчи «Комбинат» колхоз, Сĕнтĕр районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз, Йĕпреç районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз тата ытти хăшпĕр колхозсем кашни çулах хурт-хăмăртан пысăк тупăш илсе тăраççĕ.

1955 çул вĕлле хурчĕсемшĕн йывăр çул пулнă. Час-часах сăмăр çуннипе, çу кунĕсем сивĕ тăнипе вĕлле хурчĕсем лайăх ĕçлеме пултараймарĕç. Çапах та чылай колхозсем пыл та, ăвăс та пуçтарнă. «Комбинат» колхоз 1955 çулта те пурĕ 7 тонна ытла пыл юхтарса илнĕ, Сĕнтĕр районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз хăйĕн утарĕнчен 180 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Йĕпреç районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз 274 вĕллерен кашниичен 15-шер килограмм пыл юхтарса илнĕ.

Йĕпреç районĕнче 1951 çулта 2.400 вĕлле йышĕ пулнă, 1955 çулта 4 пинерен иртнĕ. 1955 çулта тата 300 йыш хутшăннă. Ку районта пур колхозсем те хурт-хăмăр тытаççĕ. Вĕтам шутран кашни колхозра 185 йыш шутланать. 1954 çулта хурт-хăмăртан районĕпе сур миллион тенкĕ тупăш илнĕ. Вăл кашни вĕлле пуçне 100 тенкĕ ытла тивет.

Сăмĕрле районĕнче пур колхозсем те темиçе пинех хурт-хăмăр тытаççĕ. Районĕпе 3 пин йышран иртет, вĕтам шутпа кашни колхоза 140 йыш тивет. Хурт-хăмăртан 1955 çулта район сур миллион тенке яхăн тупăш илнĕ, кашни йыш пуçне 150 тенкĕ ытларах шутланать.

Анчах ку тĕслĕхсем массăлла тĕслĕхсем мар. Вĕсем пĕтĕм республикăра ĕç мĕнле пынине кăтартмаççĕ. Пĕтĕмĕшпе илсен, хурт-хăмăр ĕрчетес ĕç республикăра питĕ начар тăрать темелле.

Пирĕн час-часах çапла пулать: районсен ĕç условийĕсем пĕр пек пулсан та, результатсем тĕрлĕрен пулаççĕ. Акă, Сĕнтĕрпе Шупашкар районĕсене илер. Вĕсем иккĕшĕ те Атăл çывăхĕнче. Çанталăк условийĕсем, уй-хир тăприйĕ те пĕр евĕрлĕ. Колхозсен хисепĕ те пĕр пекех. Анчах хурт-хăмăр усраса усă курас тĕлĕшрен ку районсем хушшинче пысăк уйрăмлăх пур. Сĕнтĕр районĕнче вĕлле йышĕ 2.400 ситнĕ, Шупашкар районĕнче мĕн пурĕ те 720 вĕлле кăна. Сĕнтĕр районĕнчи колхозсем 1954 çулта виçĕр пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ, кашни йыш пуçне 85 тенкĕ. Шупашкар районĕнчи колхозсем вĕллерен 38,5-шер тенкĕ çес тупăш илнĕ. Сĕнтĕр районĕнче хурт йышĕсем ÿссе пыраççĕ, Шупашкар районĕнче чакаççĕ. Шупашкар районĕнче 7 колхозра хурт-хăмăр пачах усраманĕ, 27 колхозра утарсем ытла та сахал йышлă.

Шупашкар районĕнчи юлташсем «хурт-хăмăр ÿстерме пирĕн условисем çук», тесе хăйсем начар ĕçленине пытараççĕ. Çав вăхăтрах ку районта та хăшпĕр колхозсем сахал мар пыл илеççĕ. 1954 çулта Водопьянов ячĕпе тăракан колхозра 164 хурт йышĕ пулнă. Вăл кашни çемьерен 14-шар килограмм сутлăх пыл юхтарса илнĕ. «Знамя революции» колхоз йышран 14-шар килограмм таран пыл юхтарса илнĕ. «Память Кирова» колхоз йышран 20-шер килограмм пыл юхтарса илнĕ.

Ишлей районĕнче вĕлле хурчĕсен йышĕ халĕ хăвăрт чакса пырать. Иртнĕ çул вĕлле хурчĕсемшĕн çанталăк начар пулнă пулсан та, ку районта Карл Маркс ячĕпе тăракан колхоз икĕ корпуслă вĕллесенче 44-шар килограмм пыл пуçтарнă, пĕр йыш 51 килограмм пыл, 1,8 килограмм ăвăс панă. «За коммунизм» колхоз икĕ корпуслă вĕллесенче 45-шер килограмм пыл юхтарнă. Колхоз фацели акнă, 86 гектар тĕрлĕ культурĕсене шăркалантарнă. Çапла, Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозпа «За коммунизм» колхозри хурт ăстисем хăйсен ĕçĕпе Ишлей районĕнче те ытти районсенчи пекех пыл нумай илме май пуррине кăтартса параççĕ.

Пирĕн республикăра вăрăх тума клевер, люцерна кашни çул 10—12-шер пин гектар хăвараççĕ. Çулсерен 20—22 пин гектар хуратул акăнать. Çимĕç паракан садсем 7—8 пин гектара çитеççĕ. Пахча çимĕç нумай лартаççĕ. Çак культурăсене хурт-хăмăр шăркалантармасан вĕсен тухăçлăхĕ сахалрах пулать. Çав енчен илсен те хурт-хăмăр ĕрчетни колхозсемшĕн питĕ усăллă.

Хăшпĕр районсенче хурт-хăмăр ĕрчетес ĕçе халĕ никам та ертсе пымасть. Çакна пăрах те йĕркеллĕ теме çук. Районсенче хурт-хăмăр ĕçне ертсе пырассине машина-трактор станцийĕсен главнăй зоотехникĕсем çине хунă. Зоотехниксенчен нумайăшĕ хурт-хăмăр ĕçне пĕлмен пек пулса ку ĕçрен пăрăнасшăн. Вĕсем утарсенче ĕç епле пынипе интересленмеççĕ, колхозсен хурт ăстисене ĕçре пулăшса пымаççĕ. Хăшпĕр колхозсенче хуртсем вилсе пĕтеççĕ е колхозсем юлашки йышсене сутаççĕ. Зоотехниксем çавсене курмăш пулаççĕ. Машина-трактор станцисен директорĕсем зоотехниксене хурт-хăмăр ĕçĕ еннелле çавăрмаççĕ. Район Совечĕсен исполкомĕсем т. ыт. те ку ĕçе çителĕклĕ хак памаççĕ, ăна хăйсен куçĕнчен çухатнă, хурт-хăмăр хăй юххипех ĕрчессе шанса тăраççĕ. 1955 çултан пуçласа колхозсенче çĕнĕ йĕркепе плансем тăваççĕ. Хăшпĕр колхозсем хăйсен плансенче хурт-хăмăр ĕçне тивĕçлĕ вырăна хурса плана кĕртеççĕ. Анчах нумай колхозсенче ку ĕçе плана асăнмасăрах хăвараççĕ.

Ялхуçалăх министерствин хурт-хăмăр кантурĕ те ку таранччен организаторла ĕçсенчен пăрăнса тăнă, хурт-хăмăр ĕрчетекен колхозсемпе çес ытларах сыхăну тытнă. Колхозсенче хурт-хăмăр ĕçне лайăхлатасси хурт-хăмăр ăстаçисен ĕçĕ кăна мар. Ку ĕç çине ялхуçалăх органĕсен, совет органĕсен тимлĕн пăхмалла.

Хурт ăстисене курссенче вĕрентессине те организацилемелле. Хурт-хăмăр пăхса усрас ĕçе пыл хуртне юратакан колхозниксене уйăрса лартмалла, вĕсен ĕçне тĕрĕслесе куллен пулăшса пымалла.

Халлĕхе хурт-хăмăр ĕрчетекен колхозсене кирлĕ хатĕрсем (вĕллесем, тĕрлĕ инвентарь) туса парассине те начар йĕркеленĕ. Чылай колхозсенче вĕллесем ситмеççĕ. Вырăнти промышленность е кооперации предприятийĕсем тăвакан вĕллесем хаклă тата пахалăх енчен те питĕ начар. Вĕллесене, карас рамкисене тата вырăнта тума май пур ытти хатĕрсене колхозсем хăйсем çителĕклĕ тума пултараççĕ. Вырăнти промышленность предприятийĕсем вĕллесене лайăхрах, тĕпçĕрех туса, хакĕсене йÿнетсе, вăл-пиласене колхозсене çителĕклĕ тăратмалла. Çакăнпа пĕрлех вĕлле хурчĕсене хĕл каçмалли çуртсем çинчен те манмалла мар. Выльăх-чĕрлĕх валли лайăх витесем тумалла тетпĕр пулсан, вĕлле хурчĕсем валли те хĕл каçма хĕл пÿрчĕсем тумалла.

Пирĕн республикăра хурт-хăмăр ĕçне малалла яма пысăк резервсем пур. Ситес икĕ çул хушшинче кашни колхоз вĕлле хурчĕсем туянса вĕсене ĕрчетме тытăнсан, пирĕн хурт-хăмăр йышĕ чылай ÿсмелле. Чылай колхозсен утарĕсенче 10 вĕлле е унтан те сахалтарах. Çавăн пек колхозсен хурт йышĕсене хăвăртрах ÿстерес пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн вĕлле хурчĕсен йышне 30—35 процентран кая мар ÿстермелле.

Хуртсен йышне ÿстерсе пынă май вĕсен тухăçлăхне ÿстерессине манмалла мар. Вăл ыйту тĕп ыйтусенчен пĕри пулмалла. Хурт-хăмăр ÿстерес ĕçре, ялхуçалăхĕн ытти отраслĕсенчи пекех малта пыракансен опычĕпе усă курма тăрăшас пулать, мĕншĕн тесен хурт ĕрчетес ĕçре вĕсен нумай çĕнĕ меслетсем пур.

Хурт-хăмăр тухăçлăхне хăпартассинче нумай корпуслă вĕллесемпе, лежаксемпе усă курни питĕ усăллă. Вăл пылпа ăвăс пуçтарассине 35—50 процент ÿстерет, унпек вĕллесенче çултанăкĕпех вăйлă йышсем тытма май пулать.

Хурт-хăмăр усрас ĕçре страховой пыл фончĕ тумасăр ĕçлеме çук. Вăл фондсем иртнĕ çулхи пек çулсенче хуртсене усрама пулăшаççĕ. Колхозсенчен нумайăшĕ юлашки çулсенче страховой пыл фончĕсем тума пăрахрĕç. Хăшпĕр колхозсенче вăл фондсене тăваççĕ пулсан та унпа усă курмаççĕ. Сăмахран, Красноармейски районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхозра 1955 çул валли 650 килограмм пыл хăварнă. Çăва тухсан колхоз председателĕ Яковлев юлташ, хурт патĕнче ĕçлекенсем хирĕç тăнине пăхмасăрах, вăл пыла сутса яма хушнă. Пылне сутнă вăхăтра хуртсем çулçă пылĕ пуçтарма тытăнни те паллă пулнă. Колхозсенче ун пек ĕçлекенсем сахал мар. Хурт-хăмăр ĕçĕнче кашни вĕлле пуçне 5-шер килограммран кая мар страховой пыл хăвармалли йĕрке пур. Ăна пур колхозсем те çирĕп пурнăçа кĕртсе пымалла.

Пĕтĕм Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕрле пирĕн республикăри ĕçхалăхĕ те партин XX съезчĕ халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантармалли план тĕлĕшпе панă Директивăсене хаваслă кĕтсе илчĕ. Колхозсем хуçалăха çирĕплетмелли, вăйлатмалли резервсем тупса палăртаççĕ. Çавăн пек резервсем хушшинче хурт-хăмăр ĕрчетес ĕç паллă вырăнта тăрать. Çавна пĕр колхозра та манмалла мар.

Колхозниксемпе ялхуçалăх специалисчĕсем хальхи вăхăтра çуракине лайăх хатĕрленессишĕн, выльăх-чĕрлĕхе лайăх хĕл каçарассишĕн, çĕршыва валли сĕт-су, аш-какай, çăмарта ытларах туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса илессишĕн пыракан кĕрешÿре пыл нумайрах туса илессишĕн кĕрешесси те хăйне тивĕçлĕ вырăн йышăнмалла.

**А. ВАСИЛЬЕВ.**



1. Китай Халăх Республики. Уйрăм харпăрлăхлă промышленноçпа суту-илӳ предприятийĕсенчен государство хутшăнакан уйрăм харпăрлăхлă предприятисем туса хунă ятпа Шанхай хулинче массăллă митинг пулса иртнĕ. Ӳкерчĕк çинче: Шанхай çыннисем кооперацисен членĕсем демонстрацире. 2. Монголи Халăх Республикинче халăх интеллигенцийĕн кадрĕсем ӳсеççĕ. Пиншер рабочисемпе аратсен ачисем аслă шкулсенче вĕреннĕ. Халыхи вăхăтра пĕтĕм кил-йышĕпех аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă çемьесене те курма пулать. Акă вĕсенчен пĕри. Аслă ывăлĕ Пунцикнарбо—истори наукисен кандидачĕ. Вăл Мускаври университетра вĕренсе тухнă. Унăн йăмăкĕ Инхайд Улан-Батор хулинче Чойбалсан ячĕпе тăракан университетран вĕренсе тухнă. Иккĕмĕш йăмăкĕ Эрдэнечимит та Чойбалсан ячĕпе тăракан университетран вĕренсе тухнă. Унăн упăшки Даш иртнĕ çул Мускавра Тимирязев ячĕпе тăракан академире наукăсен кандидачĕ ятне илме диссертаци хӳтĕленĕ. Кĕçĕн шăллĕ Хасбатор Мускав университетĕнчен вĕренсе тухнă, халĕ вăл «Монголиздат» редакторĕ пулса ĕçлет. Ӳкерчĕк çинче: Инхаид врач физиотерапи кабинетĕнче.

(ТАСС фотохроники).

## Польшăра КПСС XX съезчĕн материалĕсене кĕнеке туса пичетлесе кăларасçĕ

ВАРШАВА, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинчи общественность Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн материалĕсемпе хытă интересленет. Польшăн «Книга и знание» ятлă тĕп издательстви КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладне — съездра КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ туса панă доклада, съезд КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюцие, СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăвăмне КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем çинчен СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ туса панă доклада директивăсене пулăшла кусарса, уйрăм кĕнекесем туса пичетлесе кăларнă.

Юлашки кунсенче издательстве К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, А. И. Микоян, В. М. Молотов, М. А. Суслов юлташсен КПСС XX съездĕнче туса каланă сăмахĕсене уйрăм кĕнекесем туса пичетлесе кăларнă.

## Демократиллĕ Германи Республикинче КПСС XX съезчĕн материалĕсене пичетлесе кăларасçĕ

БЕРЛИН, мартăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинри «Диц-ферлаг» издательстви «Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ партин XX съездне туса панă отчетлă доклад. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклад» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă. Кĕнекене партин XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюцие те кĕртнĕ.

Çак арне вĕçĕнче издательстве тепĕр кĕнеке пичетлесе кăларать. Унăн ячĕ: «СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăвăмне КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. А. Булганин юлташ тунă доклад». Кĕнекере тата СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли план тăвăмне КПСС XX съезчĕ панă Директивăсем пулассă.

«Диц-ферлаг» издательстви КПСС XX съезчĕн ытти материалĕсене те пичетлесе кăларма хатĕрлет.

## Германири хĕрарăмсен Лейпцигри тĕлпулăвĕ

БЕРЛИН, мартăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Лейпцигра çуркуннехи ярмарка пырать. Çавна май ку хулара Пĕтĕм Германири хĕрарăмсен тĕлпулăвĕ пулса иртнĕ, унта тĕнчере тару-тăрăхăн, Германин шалти пурнăçĕн пысăк ыйтăвĕсене сӳтсе явнă. Тĕлпулăва Германин икĕ пайĕнчен 200 хĕрарăм ытла хутшăннă.

Хĕвеланăç Германири хĕрарăмсем Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсемпе, çав шутра хĕрарăмсен пурнăçĕпе хытă интересленнĕ. Пухура Демократиллĕ Германи Республикин Халăх Палати депутачĕсем-хĕрарăмсем, республикăри профсоюзсен тата массăлла организацисен ертсе пырас ĕçри хĕрарăм-делегатсем пулнă. Вĕсем Демократиллĕ Германи Республикинчи хĕрарăмсен пурнăçĕ çинчен, хĕрарăмсем телейлĕ çĕнĕ пурнăç тăвас тĕлĕшпе арçынсемпе пĕртан праваллă пулса ĕçлени çинчен каласа панă.

Хăнасем вара Хĕвеланăç Германири хĕрарăмсен йывăр пурнăçĕ çинчен каласа кăтартнă.

Тĕлпулăва хутшăнăкансем сăмах туса каланă чухне пурте кирлĕ, Германи ытăлне демократилле никĕс çинче майлă пĕрлештересси тăвассишĕн, Пĕтĕм Германири мĕнпур хĕрарăмсен арçынсемпе пĕртан правăсем пулмалли йĕркешĕн кĕрешес ĕçе вăйлатма чĕнсе каланă.

## Бирма хаçачĕ Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнче Англи политики поражени тӳсни çинчен

РАНГУН, мартăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью таймс оф Бирма» хаçат «Британии Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи политики» ятлă ум статья пичетлесе кăларнă. Унта хаçат çапла çырать: Англи генералне Глобба Иорданири Арабсен легионĕн командующийĕнчен кăларчĕç, çакă вара Британии Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи авторитетне тĕнчен инкĕмĕш хирĕç пулăнăранпа иртнĕ вăхăт хушшинче чи вăйлăн ывăса çапни пулчĕ.

Иордани королĕ хăйне колониалле пусмăр сăнчăрĕнчен сыхлас шутпа Глобб генерала вырăнтан кăларнă, тесе асăнтарат хаçат. Иордани королĕн çак утăмне Бирмăри кашни çын тата тĕнчери мĕнпур çĕршывăнчи нумай пулмасть ирĕклĕх илнĕ кашни çын пысăка хурса хаклĕ, тесе çырать малалла хаçат.

Англин Вăтаçĕр Хĕвелтухăçĕнчи политики çинчен çырса, хаçат çак политика чăн-чăн пурнăçпа шута измененине тата кирелнине, ку вăл Аравири Лоуренс полковник пуçпулса тăнă вăхăтри политика пулнине палăртать. Никама пăхăнман королевствăра Глобб пурăнни сахалтан та кирĕ йăла пулнă.

Глобб генерала вырăнтан кăларнине вара хаçат Багдадра тунă пакт вăйсăр пулнине тата араб çĕршывĕсенче ют çĕршывсен влиянине пĕтерес тĕлĕшпе шанчăклă утăм тунине кăтартса паракан тĕслĕх тесе хаклать.

Араб çĕршывĕсенче французсене, акăлчансене тата американецсене кăмăлламанни ӳсĕннех курăнать. Çав çĕршывсенче хăйсен авторитетне мĕн чухлĕ те пулин сыхласа хăварас тесен, вĕсемшĕн хăйсен ку районтан тухса кайни лайăхрах пулĕ, тет хаçат.

## *Хĕвеланăç Германи бундестагĕ çар çинчен законсем йышăннă*

БОНН, мартăн 7-мĕшĕ. (ТАСС). Енер Хĕвеланăç Германи бундестагĕн ларăвĕнче «Тĕп закон çумне хушса çырнă закона» тата «Салтаксен прависем çинчен калакан закона» («Салтаксем çинчен калакан закона») иккĕмĕшпе виççĕмĕш хут вуланă. Кун хыççăн çак законсене йышăннă.

«Тĕп закон çумне хушса çырнă закона» Хĕвеланăç Германи Конституцийне 14 улшăну тата хушса çырни кĕртме палăртнă, вĕсенче Федеральнăй Республикăн ĕç тăвакан тата законсем кăларакан органĕсене çар ĕçĕ енĕпе мĕнле полномочисем пани çинчен каланă.

Сăмахран, 45-Б статьяра бундестага çакăн пек право панă: вăл çара «парламент çинчен контролесе тăма» çар енĕпе ĕçлекен уполномоченнăй уйăрса лартма пултарать. 59 статья çумне 59-А статья хушса çырнă, унта вăрçăллă хару-тăру пулса тăни çинчен бундестаг пĕлтерме тивĕçли çинчен каланă; бундестага çийĕнчех кирлĕ срокра, пухма май килмест пулсан, çавăн пек хару-тăру çинчен Федеральнăй президент решени йышăнма пултарать, вăл кун пирки Федеральнăй канцлерпа калаçса татăлать.

143 статьяра бундестагăн «çĕршыва хирĕç тăнисем пулсан» чрезвычайнăй хару-тăру туса хуни çинчен пĕлтерекен законсем йышăнма право пур, тесе каланă.

Хĕвеланăç Германи конституцине çар çинчен çырнă статьясемпе улшăнусем кĕртесси çинчен калакан закона йышăнассишĕн 390 депутат, урăхла каласан, депутатсен 2/3 пайĕ, хирĕç 20 депутат сасăланă.

«Салтаксем çинчен калакан закона» депутатсенчен ытларахăшĕ сасăланипе йышăннă. Ку закона йышăнассине хирĕç Германири социал-демократсен партийĕн фракцийĕ сасăланă.

Çапла вара Хĕвеланăç Германи çарне салтаксем нумай пухма законлă йĕрке туса хунă.

Федеральнăй Германи Республикин правительстви пĕтĕмпе 150 пин çын ытла шутланакан кадровăй çар чăсĕсем туса хума право илет. Пурте çар службинче пулмалли йĕркене пурнăçлама тытăнсан çак чăсĕсенчи личнăй составра пуринчен малтан офицерсем тата унтер-офицерсем вырăнне усă курассĕ. «Салтаксем çинчен калакан закон» тăрăх Хĕвеланăç Германи çарне «бундесвер», тесе ят панă.

## Вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешӳре

*(Редакцие килнĕ çырусем тăрăх)*

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тăвăмне КПСС XX съезчĕ йышăннă Директивăсенче палăртнă тĕп задачăсенчен пĕри вăл социализмла ялхуçалăхне малалла хăвăрт аталантарасси пулать. 1960 çул тĕлне тĕштырăсем туса илессине пĕтĕм çĕршывĕпе 11 миллиард пăта çитермелле, аш-какай, сĕт-çу, 1955 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ытларах туса илмелле. Ялхуçалăх ĕçченĕсем умне парти кăларса тăратнă çак чыслă задача колхозниксене колхозницăсене лайăхрах ĕçлеме хавхалантарать, пысăкрах та пысăкрах ӳсĕмсем тума чĕнет.

Орденлă Кольцовка ĕçченĕсен чĕнсе каланине ырласа, республикăри колхозсем кăçал вăйлă тырпулшăн лайăхрах кĕрешме тытăнчĕç. КПСС XX съезчĕ уçăлнă куна малта пыракан ялхуçалăх артелĕсем çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитнине палăртнă турĕç. Çак кунсенче редакцие колхозлă ял ĕçченĕсен съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлани çинчен тата съезд палăртнă задачăсене срокчен пурнăçлас тĕлĕшпе кĕрешӳ пуçарни çинчен пĕлтерсе нумай çырусем килесçĕ.

Шăхасан районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă, 150 центнер çĕрулми, 500 центнер кукурузăн симĕс массине пухса илме социализмла обязательство йышăннă. Çакнашкал сăмаха пурнăçлас шутпа колхозниксем уй-хире 1.600 тонна тислĕк, 600 тонна торф кăларнă, минераллă удобренисем чылай хатĕрленĕ, тесе пĕлтерет С. Иванов юлташ.

Чурачăк районĕнчи «Прогресс» колхоз 1955 çулта кашни гектартан 15-шер центнер тĕштырă пухса кĕртнĕ. Г. Федорова В. Прокопьев юлташсем пĕлтернĕ тăрăх, кăçал колхозниксем тата тухăçлăрах тырпул çитĕнтерме ĕмĕтленеççĕ, ку тĕллевпе 2.000 тонна тислĕк уя кăларнă, 120 тонна минераллă удобренисем кӳрсе килнĕ. Хăртура Б. Яковлева юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади малта пырать.

Суракине хатĕрленес ĕç лайăх пулса пыни çинчен Елчĕк районĕнчи «П-я пятилетка» колхозран П. Зайцев, Шăхасан районĕнчи «Красный Октябрь» колхозран В. Николаев, Йĕпреç районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозран Г. Ринкас, Красноармейски районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозран Н. Алексеев тата ытти нумай ялкорсем çыраççĕ.

Тĕштырăсем ытларах туса илес, тата выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес ĕçре кукурузăн пĕлтерĕшĕ пысăк. Иртнĕ çулсенчи опыт çакăн çинчен калать, кукуруза пирĕн республика хирĕсенче пысăк тухăçлă пулма пултарать. Кăçал кукуруза йышăнакан хапта пĕтĕрхинчен виçĕ хут ӳсет. Кукуруза акма лайăх участоксем уйăрмалла, çав участоксен гектарне пуçне сахалтан та 15—20 тонна тислĕк кăлармалла, лартнă чухне вăрăхпа пĕрле хурса хăварма çĕрнĕ тислĕк, удобренисем çителĕклĕ хатĕрлемелле.

Шăхасан районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра иртнĕ çул 45 гектар çинчен пысăк тухăçлă кукуруза туса илнĕ. Гектартан кунта 405-шер центнер симĕс масса тухнă. Кăçал артель членĕсем кукурузăна 125 гектар çине акма йышăннă. А. Михайлов юлташ пĕлтернĕ тăрăх, колхозниксем кукуруза акма тимлĕн хатĕрленеççĕ. Хире 2.000 тонна тислĕк кăларнă.

— Пирĕн колхоз кăçал 70 гектар çине кукуруза акать. Халĕ кукуруза уйне 3.710 лав тислĕк, 1.050 лав торф кăларнă,—тесе пĕлтерет Çĕмĕрле районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхозран Ю. Куликов ялкор.

А. Петров (Октябрьски районĕ), М. Павлов (Вăрнар), А. Данилов (Калинино районĕнчи «Гвардеец» колхоз) юлташсем те кукуруза акма хатĕрленес ĕç лайăх пулса пыни çинчен çыраççĕ. Н. Малинов юлташ (Йĕпреç районĕнчен) кукуруза туса илес тĕлĕшпе пухнă хăйĕн опычĕ çинчен пĕлтерет.

Партипе правительство «Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен» йышăннă постановление ырласа, кăçал колхозсенче çак культурăсем йышăнакан хаптăка чылай ӳстерме палăртаççĕ.

Чкаловски районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ В. Тимин юлташ артель членĕсем кăçал çĕрулмипе пахча çимĕç культурисем 1955 çулхинчен чылай нумайрах лартма палăртни çинчен çырать. Колхозниксем 1956 çулта государствăна çĕрулмипе пахча çимĕç сутса илес тупăша пĕлтĕрхинчен вунă хут ытларах ӳстерме шутлаççĕ.

Вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешӳри ĕçе, ни малтан, çынсем тата парасçĕ. Çир-вăйпа та хĕллехи уйăхсенче колхозниксен агротехникăлла пĕлĕвне ӳстерессине çине тимлĕрех пăхмалла.

Анчах хăшпĕр колхозсенче агротехника курсĕсем питех те çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Сĕнтĕр районĕнчи «Коммунизм» колхоз агрономĕ Петров юлташ,—тесе пĕлтерет Г. Иринов юлташ,—колхозниксене агротехникăна вĕрентес ĕçе пачах тытăнман. Шупашкар районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз агрономĕ Н. Александров занятисене çиелтен, практикăпа çыхăнтармасăр иртерет,—тесе çырать А. Ядринцев юлташ.

Вăрмар районĕнчи «30 лет Чувашии» колхозран П. Иванов юлташ артель çуракине çителĕксĕр хатĕрлении çинчен пĕлтерет. Кунта уй-хире тислĕк кăларма пуçăнман-ха, вăрлăх тасатас ĕç те вăраххăн пырать. Крылова агроном агротехника курсне тивĕçлипе ертсе пымасть, халиччен 2—3 заняти çеç иртернĕ.

Март—çуракине хатĕрленес çителекли ответлă уйăх. Кашни колхозрах çуракине хатĕрленес ĕç мĕнле пулса пынине тепĕр хут пăхса тухмалла. Вăрлăхсем акма юрăллă кондицие çитчăр, ялхуçалăх машинисене ытти ĕç хатĕрĕсем çителĕклĕ тата юсавлă пулчăр. Уй-хире тислĕк, торф юшкăн тăпри кăларассине, вырăнти тата минераллă удобренисем хатĕрлессине хăвăртлатмалла.

Çуракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитни—вăйлă тырпулшăн пыракан аслă кĕрешӳн никĕсĕ. Колхоз правленийĕсене пуçламăш парторганизацисен ялхуçалăх ĕçченĕсен мĕнпур вăйне вăйлă тырпулшăн кĕрешес ĕçе çĕклемелле.

## Спорт хыпарĕсем

## Йĕлтĕр спорчĕ енĕпе республикăра мала тухассишĕн

Шупашкарта йĕлтĕрçĕсен республикăри ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăртăва 6 хулапа 23 район командисем хутшăннă.

Парад пулса иртнĕ тата ăмăрту ялавне çĕкленĕ хыççăн йĕлтĕрçĕсене старт панă. Тăватă йĕлтĕрçĕ 10-шар километр чупмалли ăмăрту енĕпе илсен Шупашкар хулин пĕрремĕш команди пĕрремĕш, Канаш хулин команди—иккĕмĕш, Шупашкар хулин иккĕмĕш команди—виççĕмĕш вырăна тухнă.

Хĕрарăмсен йĕлтĕрпе чупмалли эстафеталла ăмăртăвĕнче (3 X 5) Сĕнтĕрвăрри хулин команди паха тĕслĕх кăтартнă. Канаш хулин команди—иккĕмĕш, Шупашкар хулин пĕрремĕш команди—виççĕмĕш вырăн йышăннă.

Эстафеталла ăмăрту енĕпе районсене илсен—Вăрмар районĕн команди пĕрремĕш, Вăрнар районĕн команди—иккĕмĕш, Елчĕк районĕн команди—виççĕмĕш вырăн йышăннă.

Районсемпе хуласенчи чи вăйлă йĕлтĕрçĕсем республикăра мала тухассишĕн виçĕ кун хушши ăмăртрĕç. Уйрăм физкультурницăсене илсен, Вăрмар районĕн представителĕ Н. Васильева, 5 километра 24 минут та 22 секундра чупса тухса, пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Вăрмар районĕн представителĕ Р Кондратьева, çак дистанцие 24 минут та 23 секундра тухса, иккĕмĕш, Т. Олинова (Канаш хулинчен). 24 минут та 27 секундра тухса, виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç. Вĕсем виççĕшĕ те иккĕмĕш спорт разрячĕн нормине тултарчĕç.

10 километр чупас енĕпе каллех Н. Васильева паха тĕслĕх кăтартрĕ. Унăн вăхăчĕ 45 минут та 19 секунд. Çак дистанцие 45 минут та 30 секундра тухса З. Васильева (Елчĕк районĕнчен) иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Çак икĕ физкультурница та пĕрремĕш спорт разрячĕн нормине тултарчĕç.

Арçынсем хушшинче 15 километр чупас енĕпе К. Назаров (Шупашкар хулинчен) паха тĕслĕх кăтартрĕ. Унăн вăхăчĕ—1 сехет те 03 минут та 33 секунд. Сĕнтĕрвăрри хулин представителĕ Е. Носов çак дистанцие 1 сехет те 05 минут та 18 секундра тухса, иккĕмĕш вырăн йышăнчĕ. Канаш хули представителĕ Г. Натариус виççĕмĕш вырăна тухрĕ.

30 километра 2 сехет те 01 минут та 41 секундра тухса М. Михайлов (Шупашкар хулинчен) пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Н. Васильев (Вăрмар районĕнчен) иккĕмĕш вырăна тухрĕ. Унăн вăхăчĕ—2 сехет те 01 минут та 46 секунд. Çак дистанцие 2 сехет те 01 минут та 54 секундра тухса Шупашкар хулин представителĕ С. Моисеев виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

50 километр чупмалли ăмăртăва вунă йĕлтĕрçĕ хутшăнчĕ. Ку енĕпе илсен Е. Носов (Сĕнтĕрвăрри хулинчен) пултарулли курăнчĕ. Дистанцие 3 сехет те 26 минут та 27 секундра тухса, вăл пĕрремĕш спорт разрячĕнчен пахарах результат кăтартрĕ. Шупашкар хулин представителĕ К. Назаров 3 сехет те 30 минут та 45 секундра тухса—иккĕмĕш, Канаш хулин представителĕ А. Ермолаев (вăл 3 сехет те 55 минут та 40 секундра тухрĕ) — виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

Йĕлтĕрçĕсен республикăри ăмăртăвĕ, пирĕн физкультурниксемпе физкультурницăсен пултарулăхĕ ӳссе пынине кăтартса парчĕ. Ăмăртăва пурĕ 202 çын хутшăннă пулсан, 163 çын спорт разрячĕсен нормисене тултарчĕç. Ăмăртăва çамрăксем нумай хутшăнни, вĕсен пултарулăхĕ ӳссе пыни уйрăмах савăнтарать.

Ăмăртăва пурĕ 30 команда хутшăнчĕ. Хуласем енĕпе илсен Шупашкар хулин команди пĕрремĕш, Канаш хули—иккĕмĕш, Сĕнтĕрвăрри хули—виççĕмĕш вырăн йышăнчĕç.

Уйрăмах Вăрмар районĕнчи йĕлтĕрçĕсен пултарулăхĕ пысăкки курăнать. Районсенчен пурĕ ăмăртăва 23 команда хутшăннă пулсан, çак районăн пĕрремĕш команди малти вырăна йышăнчĕ, иккĕмĕш команди—улттăмĕш вырăна тухрĕ. Вăрнар районĕн команди иккĕмĕш, Йĕпреç районĕн команди—виççĕмĕш вырăн йышăнчĕ.

Кунпа пĕрлех Тăвай, Элĕк, Пăрачкав, Калинино, Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи йĕлтĕрçĕсем республикăри ăмăртăва çителĕксĕр хатĕрленсе килни курăнать. Ишлей районĕнчи йĕлтĕрçĕсем те ăмăртăва хутшăнма ячĕ пултăр тесе çеç килнĕ мĕн. Советски, Сĕнтĕр, Кувакино, Октябрьски, Çĕрпӳ районĕсенчен вара йĕлтĕрçĕсен республикăри ăмăртăвне пачах та хутшăнман.

Республикăри ăмăртура мала тухнă командăсемпе уйрăм йĕлтĕрçĕсене дипломсемпе парнесем панă.

* * *

СĔНТĔР. Йĕлтĕрçĕсен районти ăмăртăвне шкулсен, колхозсен, учрежденисен командисем хутшăнчĕç. 10 километр хушшинче Юваново вăтам шкулĕнче 10-мĕш класра вĕренекенсем З. Жуков 39 минут та 37 секундра, Л. Хамжилин—40 минут та 5 секундра, А. Ягодкин—40 минут та 54 секундра чупса тухрĕç. Çак дистанци енĕпе 4 çамрăк иккĕмĕш разряд, 14 çамрăк—виççĕмĕш разряд нормине тултарчĕç.

Хĕрачасенчен Сĕнтĕр вăтам шкулĕнче вĕренекен Г. Сергеева Шатракасси шкулĕнче вĕренекен В. Сашильская мала тухрĕç.

**К. ЯНДУШКИН.**

* * *

ВĂРМАР. Районти йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕнче 5 километр чупас енĕпе С. Петрова, 10 километр чупас енĕпе—Р. Кондратьева, 15 километр чупас енĕпе—Н. Кондратьев, 30 километр чупас енĕпе—П. Ермолаев юлташсем мала тухрĕç. Вĕсем пурте—«Буревестник» спорт обществи членĕсем.

Ăмăртăва хутшăннă çамрăксенчен 95 çын ГТО значокĕсен нормисене пачĕç, 53 спортсмен тĕрлĕрен разряд нормисене тултарчĕç.

**Г. НИКОЛАЕВ.**

* * *

ШĂХАСАН. (Хамăр корр.). Çак кунсенче кунта йĕлтĕрçĕсен ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Унта колхозсемпе шкулсенчи тата МТС-ри спортсменсем 138 çын хутшăнчĕç.

Вунă километр хушшинче Ямашри вăтам шкулти преподаватель Г. Леонтьев юлташ, 41 минут та 20 секундра чупса тухса, пĕрремĕш вырăна йышăнчĕ. МТС-ри тракторист И. Герасимов юлташ çав дистанцие 43 минутра тухрĕ.

Пилĕк километр чупассипе Шăхасанти вăтам шкулта вĕренекен Л. Александрова пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ.

### ПРОФСОЮЗСЕН ПĔТĔМ СОЮЗРИ СПАРТАКИАДИНЧЕ

Вăрмар машинă-трактор станцийĕнчи йĕлтĕрçĕсен команди çак кунсенче Мускава тапранчĕ. Командăри йĕлтĕрçĕсем унта профсоюзсен Пĕтĕм Союзри хĕллехи виççĕмĕш спартакиадине хутшăнĕ.

Машина-трактор станцийĕнчи йĕлтĕрçĕсем ăмăртăва вырăнсенчи физкультура коллективĕсенчи командăсем енĕпе хутшăннă. Çак енĕпе ăмăртăва 190 команда хутшăннă пулсан, вăрмарсем 46-мĕш вырăн йышăннă.

### «ÇАМРĂК КОММУНИСТ» ХАÇАТ ПАРНИНЕ ИЛМЕЛЛИ ĂМĂРТУ

Нумаях пулмасть Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче хулари шкулсенче вĕренекенсен конькипе чупмалли ăмăртăвĕ пулчĕ. «Çамрăк коммунист» хаçатăн куçса çӳрекен парнине-кубокне илмелли ăмăртăва 8 шкултан 140 спортсмен хутшăнчĕ.

Командăсем енĕпе илсен виççĕмĕш вăтам шкулти çамрăк спортсменсем мала тухрĕç. Çак шкул командине кубок панă.

Пĕрремĕшпе пиллĕкмĕш шкулсен командисене (вĕсем иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăннă) ВЛКСМ хула комитечĕн мухтав грамотисене панă.

## Хастарлă сунарçăсем

СОВЕТСКИ. Ленин ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕ Иван Алексеевич Алексеев республикăра чи лайăх сунарçăсенчен пĕри шутланать. Вăл кашни çулах тискер кайăксем нумай тытать. Акă, иртнĕ çул 7 кашкăр сури, 27 тилĕ, çĕре ахăн мулкач тата ытти тискер кайăксем чылай тытнă. Алексеев юлташ кашкăр сурисен тытнăшăн кăна 3.500 тенкĕ премии илнĕ, потребкоопераци урлă 36 пăт шурă çăнăх туяннă.

Хастарлă сунарçă иртнĕ кĕркунне Мускавра, Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине кайса килнĕ. 1954—1955 çулсенче СССР Хатĕрлев министерствин Хисеп грамотине икĕ хутчен илнĕ. Ăна пăшал парса премиленĕ.

Пултаруллă сунарçă Алексеев юлташ кăçал çирĕм тилĕ тата мулкачсем нумай тытрĕ.

**М. МИХАЙЛОВ.**

* * *

Муркаш районĕнчи «Свобода» ялхуçалăх артелĕн членĕ М. Яриков сунарçă колхозăн вăрман хĕрринче ларакан сысна витти патне темĕнле тискер кайăк пыра-пыра кайнине асăрханă. Вăл вите патне капкăн лартнă. Тепĕр кунне ирхине кайса пăхать те, акă мĕн курать: тискер кайăк капкăна хăйĕнне пĕрле сĕтĕрсе кайнă. Яриков çийĕнчех йĕр тăрăх каять. Пĕр километр ытларах кайсан, вăл вăрман чăтлăхĕнче халиччен курман тискер кайăк выртнине курать, анчах çав тискер кайăк сунарçăна хăйĕн çывăхне яман. Капкăна лекнĕ тискер кайăка М. Яриков пăшалпа персе вĕлерет. Вăл рысь пулнă.

* * *

ВĂРНАР. Чугун çул çинче тимĕрçĕре ĕçлекен А. Ф. Актисов пушă вăхăтра сунара çӳреме юратать. Иртнĕ икĕ çул хушшинче вăл çичĕ тилĕ тата 12 мулкач тытнă.

Нумаях та пулмасть Актисов юлташ рысь тытрĕ.

**М. ПАВЛОВ.**

## *Суд залĕнчен*

### Хулигана тивĕçлипе айăпланă

«Чăвашстрой» трестра рабочи пулса ĕçлекен А. Л. Белов кăçалхи январĕн 1-мĕшĕнче каçхине Ворошилов урамĕнчи 40-мĕш çуртра пурăнакан Николаева патĕнче хăнара пулнă. Вăл унта ĕçсе ӳсĕрĕлнĕ те, юнашар 38-мĕш çурта пырса кĕрсе, хулиганла ĕçсем тума пуçланă: кунта пурăнакан Емельянова хĕнесе тăкнă, кухньăри кантăка çапса çĕмĕрнĕ. Çав каçхинех, кăштах вăхăт иртсен, Белов урампа иртсе пыракан Ефимовпа унăн арăмĕ çине никĕсĕн сăлтавсăрах тапăнса, вĕсене çĕçĕпе чиксе амантнă. Милици работникĕсем тытса чарсан çеç Белов хулиганлама пăрахнă.

Нумаях та пулмасть Шупашкар хулинчи 4-мĕш участокри халăх сучĕ, А. Л. Белов ĕçне пăхса тухса, ăна 5 çула тĕрмене хупма тата унтан тухсан 3 çуллăха суйлав прависĕр хăварма приговор йышăнчĕ. Чăваш АССР Верховнăй сучĕ, Белов панă жалобăна пăхса тухса, халăх сучĕн приговорĕ тĕрĕс тесе йышăннă.

### КĔСКЕН

ЯЛ КУЛЬТУРИ ӲСЕТ. Ишлей районĕнчи Хоравандайкино ялĕнче вун колхозниксен килĕсене те электричество кĕртнĕ. Ял пысăк мар пулин те, 7 хуçалăхăн радиоприемниксем, 10 хуçалăхăн велосипед тата 1 хуçалăхра мотоцикл пур.

АВТОМАШИНАСЕМ ТУЯНАÇÇĔ. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи «Трактор», «Правда» тата Ленин ячĕпе тăракан колхозсене çак кунсенче Горькирен çĕнĕ автомашинăсем илсе килнĕ. Ленин ячĕпе тăракан колхозăн халĕ тăватă автомашина.

### ÇАНТАЛĂК

Çанталăк мĕнле пулмаллине сăнакан Шупашкарти Гидрометбюро пĕлтернĕ тăрăх, паянпа ыран (мартăн 9—10-мĕшĕсенче) Чăваш республики территорийĕнче улшăнса тăракан пĕлĕтлĕ çанталăк пулать, вырăнĕ-вырăнĕпе кăштах юр çăвать, сил-тăман тата тĕтре пулать. Сил вăйлă пулмалла мар. Температура çĕрле 14—19 градус (уяртнă вăхăтра 20—25 градус), кăнтăрла—3—8 градус сивĕ пулмалла.

*«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн çитес номерĕ мартăн 11-мĕшĕнче тухать.*

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-64, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00069. Типография №1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 948. Тираж 37.000 экз.